# Çĕнĕ çул ячĕпе, юлташсем!

*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*



# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 1 (20134) • Тунтикун, 1990 çулхи январĕн 1-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

## КПСС Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕ, СССР Верховнăй Совечĕн Председателĕ М. С. ГОРБАЧЕВ совет халăхне Çĕнĕ çул ячĕпе

# ЧĔНСЕ КАЛАНИ

Хаклă юлташсем!

1989 çулăн юлашки минучĕсем иртсе пыраççĕ, весемпе пĕрле вунăçуллăх историе тăрса юлать. Эпир XX ĕмĕрĕн юлашки вунăçуллăхне — 90-мĕш çулсене кĕретпĕр.

Çакăн пек самантсенче эпир хамăрпа мĕн пулса иртнине çĕнĕрен тӳссе ирттернĕ пек туятпăр, малашлăха шанчăклăн пăхатпăр. Хăй гражданин пулнине туякан тата гражданин пек шухăшлакан кашни çын хăйĕн шăпине Тăван çĕршыв шăпинчен уйăрмасть. Пирĕн умма тата пирĕн çывăх çыннăмăрсем умне вăхăт кирек хăш енĕпе — савăнăçлă е хурлăхлă енĕпе — тухса тăрсан та, пĕтĕм çĕршыв тӳссе ирттернин пĕр пайне кашни çын хăй çине илет.

Çĕршыв пурнăçĕнчи уйрăм пĕлтерĕшлĕ çулталăк эпĕ каланă пулăттăм, — 1985 çулхи апрельте пуçланнă çĕнетӳри чи йывăр çулталăк хыçала тăрса юлчĕ. Йывăр çулталăк, мĕншĕн тесен пысăкран та пысăк чылай йывăрлăхсем пирĕн умма тӳрремĕнех тухса тăчĕç. Экономика реформи пы-

законсем йышăннă. Вĕсем малашлăхшăн ĕçлеççĕ ĕнтĕ. Пирĕн обществăн тĕп никĕсĕсене çĕнĕлле йĕркелессипе çыхăннă законсен проекчĕсене палăртса хатĕрленĕ тата пĕтĕм халăхпа сӳтсе явма тăратнă.

1989-мĕш çул — çĕршывăн социаллă пурнăçĕпе экономикинчи йывăрлăхсене чакармашкăн эффективлă мерăсем интенсивлă



лă çĕнĕ шухăшлав усă кӳме пуçлать ĕнтĕ. 1988 çулта пĕтĕм Европа килне туса хурас шухăша нумайăшĕ хăйне евĕрлĕ пушă ĕмĕт вырăнне хуратчĕç. Çак çулталăк вĕçленнĕ тапхăрта ун пирки халĕ пурнăça кĕмелли ĕмĕт вырăнне хурса калаçаççĕ ĕнтĕ. Континент вăрçă хыççăн пайланнă тапхăр иртнĕ вăхăта юлма пуçларĕ.

Иртнĕ çул «сивĕ вăрçă» вĕçленнĕ çулталăк пулчĕ. 90-мĕш çулсем цивилизаци историйĕнче чи ăнăçлă тапхăр пулмалла. Анчах çак майпа усă курмашкăн пирĕн çĕршыври пекех тĕнчене те пĕршухăшлăх, килĕштерсе ĕçлени, çураçу кирлĕ.

Хĕвелтухăç Европăра революцилле çĕнетӳ хумĕ сарăлчĕ. Берлинта тата Софийăра, Прагăра тата Бухарестра пулса иртнĕ драмăллă событисене социализма демократипе çыхăнтарма кирли çĕнĕрен çав тери вăйлăн палăрчĕ. Хамăрăн тусăмăрсене эпир çак çул çинче ӳсĕм тума ырă сунатпăр. Эпир хăйсене пĕр шухăшлă пуласса



...рать, потребительсен рынокĕнче лару-тăру кăткăсланчĕ. Эпир пирвайхи хут массăллă забастовкăсем тӳссе ирттер-тĕмĕр. Вĕсемпе çыхăннă сăлтавсем халăх хуçалăхĕнче йывăрлăхсем кăларса тăратрĕç. Йĕркелĕхпе дисциплина кирлĕ пек шайра пулмарĕç. Нацисем хушшинчи хутшăнусем йывăрлanса çитни пире пĕтĕм çулталăк тăршшĕпех шиклентерсе тăчĕ.

Иртсе пыракан çулталăк эпир халиччен пулман çĕнĕ те пысăк задачăсене татса пама тӳрремĕнех тытăннăран та йывăр пулчĕ. Çакă пире пурсăмăра та моральпе ăс-хакăл тĕлĕшĕнчен пысăкран та пысăк вăй хума, пĕтĕм вăя парса ĕçлеме хушрĕ.

Анчах, 1989 çул пирĕншĕн çав тери йывăр çул пулчĕ пулин те, эпир ăна пăшăрханулла туйăмпа çеç мар, пирĕншĕн пурсăмăршăн та питĕ кирлĕ ĕç çулталăкĕ вырăнне хурса та ăсататпăр. Çĕршыв çĕнĕлле йĕркеленсе пынă май пурăнчĕ тата ĕçлерĕ, çĕнĕ çул çине тухрĕ.

Иртнĕ çул тăршшĕнче эпир хамăра мĕн кирлине, мĕн усăллине вĕрентĕмĕр те. Нумай япаласем пирки çĕнĕрен шухăшласа пăхма, çулталăк каяллаххипе танлаштарсан нумай япаласене урăхла курма тиврĕ. Халĕ эпир хамăрăн тĕллеве уççăнрах ăнланатпăр. Ку вăл — çынна юратакан демократиллĕ социализм туса хумалли, ирĕклĕ общество, социаллă тĕрĕслĕх обществи туса хумалли тĕллев.

Иртнĕ çулталăкра татăклă улшăну пĕлтерешлĕ событисем пулса иртрĕç. Вĕсем мĕн патне илсе çитересси халлĕхе пĕтĕмĕшпех паллă мар-ха. 1989 çул Советсен историйĕнчи темиçе вунăçуллăхра чăннипех ирĕклĕ ирттернĕ пирвайхи суйлавсен çулталăкĕ пулчĕ; халăх депутачĕсен пĕрремĕш тата иккĕмĕш Съезчĕсен çулталăкĕ пулчĕ; парламент опытне пухмалли, халăхăн демократилле культурине татăклăнах ӳстермелли çулталăк пулчĕ. Пысăк пĕлтерĕшлĕ шыранă çулталăк. Халăх депутачĕсен иккĕмĕш съезчĕ правительствăн потребительсен рынокĕнчи лару-тăрăва лайăхлатмалли, çĕршыв халăх хуçалăхне вăйлатмалли, этемшĕн ĕçлекен эффективлăрах, çаврăнăçуллăрах экономика туса хумалли программине çирĕплетрĕ.

Тата тепĕр япала çинчен. 1989 çулхи мĕнпур йывăрлăхсене çĕнтерсе, политика тĕлĕшĕнчи хĕрӳллĕ лару-тăрура обществăра каласусем, пĕр-пĕрне ăнланни, тĕрлĕрен позицисене хисеплени кирлĕ пулнине, пĕр-пĕриншĕн юрăхлă решенисем шырама кирлĕ пулнине ăнланни ӳссе пырать. СССР Халăх депутачĕсен тин çеç вĕçленнĕ иккĕмĕш съездне те эпĕ çĕршывра конструктивлă каласу пуçланнин палăрăмĕсенчен пĕри вырăнне хуратăп.

Кĕскен каласан, иртсе пыракан çулталăкра акса хăварнă вăрлăх шăтса тухас пирки иккĕленме кирлĕ мар. Пирĕн тăпрара ăна шăтса тухма йывăр пулĕ, калчана ялан пăхса тăмалла, уншăн тăрăшмалла пулĕ. Анчах калча вăй илсен, тымар ярсан, — пирĕн çакăншăн тăрăшмалла, — пĕтĕм çĕршыва тата кашни çынна пуян çимĕç парĕ.

Эпир ыранхи куна шанăçлăн пăхма пултаратпăр. Темĕнле пысăк вăй хурса, çине тăрса кĕрешмелле пулсан та, пирĕн çĕршыв йывăрлăхсене çĕнтерме пултарать. Вăл хăйĕн пĕтĕм хăватлă кĕлеткипе çĕкленме, хăйне ытларах шанакан пулма пултарать, çапла тума тивĕçлĕ те.

Иртсе пыракан çулталăк тĕнчере пысăк ӳсĕмсем тунă çулталăк пулчĕ. Политикăллă...

Хамăрăн пурсăмăрăн ячĕпе те мĕнпур халăхсене çывхарса çитекен çулталăкра чи ăшă туйăмпа ырă сунма, пирĕн халăх вĕсемпе пĕрле ирĕклĕхпе прогресс çулĕпе утма хатĕр пулни çинчен пĕлтерме ирĕк парсамăр.

1990-мĕш çул пысăк шанăç çулталăкĕ тата социализма революциллĕ майпа çĕнĕлле йĕркелес тĕлĕшпе ĕçлемелли çулталăк пуçланать. Çĕнĕ çулта пирĕн çирĕп шухăшлă пулмалла, хамăрăн революциллĕ ĕçе, çĕнетӳшĕн кĕрешекен мĕнпур вăйсене пĕрлештерес ĕçе çирĕппĕн туса пымалла. Пире ăслă-тăнлă та ырă кăмăллă, тӳсĕмлĕ пулни, урăхла каласан, эпĕ кашни çынрах пур тесе шутлакан чи кирлĕ тĕп пуянлăх — питĕ кирлĕ.

Пирĕн чăннипех калама çук лайăх майсем — кашни çыннăн пуянран та пуян ăс-хакăлĕ тата ĕçлес хăвачĕ, çутçанталăкăн калама çук пысăк ресурсĕсем пур. Вĕсемпе усă курса, 1990 çулта эпир лару-тăрăва лайăххеннелле улăштарма пултаратпăр тата çапла тума тивĕçлĕ те. Анчах çакăншăн пирĕн пурсăмăрăн та лайăх ĕçлемелле, тӳрĕ кăмăлпа ĕçлемелле.

Сире чĕнсе каланă май, хаклă юлташсем, эпĕ шухăшăмпа çакна курса тăратăп: Кремль куранчĕсен сассине кĕтсе, халĕ Совет Союзĕнче пурăнакан мĕнпур нацисен миллионшар çынни — хĕрарăмсем, арçынсем тата ачасем, тĕрлĕрен профессисен представителĕсем — телевизорсем умне пухăннă. Вĕсен — хăйсен интересĕсемпе туртăмĕсем, малашлăх планĕсемпе шанăçĕсем.

Çĕнĕ çул килсе çитнĕ самантра манăн нимрен ытла çапла ырă сунас килет: вăл пĕр-пĕрне ăнланнă тата вăйсене пĕтĕçтернĕ лару-тăрура иртрĕччĕ. Пирĕн обществăна, пире пурсăмăра та çакă питĕ кирлĕ.

Çĕнĕ çул ячĕпе, Гăван çĕршывăн хаклă çыннисем!

Телейлĕ те мирлĕ, ырă пурнăç сунатпăр сире!

*Суйлав умĕн*

## Тивĕçлĕ кандидатсем

Çĕнĕ Шупашкарти «Стройдеталь» заводăн ĕç коллективĕн суйлав умĕнхи конференцийĕ пысăк активлăхпа иртрĕ. Унта Чăваш АССР халăх депутатне тата Çĕнĕ Шупашкар хула Совечĕн депутатне суйлама кандидатсем тăратрĕç.

89-мĕш Школьнăй суйлав округĕ тăрăх Чăваш АССР халăх депутатне суйлама В. А. Клементьев кандидатурине сĕннĕ. Вăл — предприятири чĕртавар биржин цех начальникĕ, принциплă та тӳрĕ кăмăллă, рабочисемшĕн, вĕсен интересĕсемшĕн тăрашакан çын.

Çавăн пекех конференци, пĕр шухăшлă пулса, Çĕнĕ Шупашкар хула Совечĕн депутатне суйлама, 28-мĕш суйлав округĕ тăрăх, ĕç ветеранне, КПСС членне Е. П. Петрова, 29-мĕш суйлав округĕ тăрăх тăватă çынна — В. Г. Михайлова станочницăна, Н. М. Перминова аслă мастера, М. И. Павлов бригадира тата предприятин главнăй инженерĕн заместительне, парторганизаци секретарьне В. И. Свиридова, 30-мĕш суйлав округĕ тăрăх икĕ çынна — В. А. Сотимов стропальщика тата йывăçран тĕрлĕ япаласем тăвакан 1-мĕш цех начальникне Т. Ф. Стенькина кандидата тăратнă.

**А. НИКОЛАЕВ.**

## Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕнче

Производство планне тата социализмла обязательствăсене пурнăçлас енĕпе тунă çитĕнӳсемшĕн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Шупашкарти «Электроприбор» производство пĕрлешĕвĕнче ĕçлекен çак юлташсене **Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Хисеп грамотипе** наградăланă:

Иван Владимирович **Владимирова** — строгальщика.

Елизавета Егоровна **Колесникована** — обработчицăна.

**Нина Алексеевна Марновăна** — участок мастерне.

Иван Артемьевич **Молтушкина** — цех начальникне.

Мария Семеновна **Петровăна** — цехри аслă мастера

Светлана Леонидовна **Петровăна** — бюро начальникне.

Юрий Якимович **Якимова** — токаре.

* * *

Ялти строительствăра тава тивĕçлĕ ĕçсем тунăшăн Леонид Макарович **Чернова** — «Чувашагропромстрой» пĕрлешĕвĕн хуçалăхсен пĕрлехи «Яльчикская» строительство организацийĕн начальникĕн заместительне — **«Чăваш АССР тава тивĕçлĕ строителĕ»** хисеплĕ ят панă.

* * *

Чăваш совет музыка искусствинче тунă тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Чăваш государство музыка театрĕнче ĕçлекен çак юлташсене **«Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕ»** хисеплĕ ят панă:

Григорий Яковлевич **Володарские** — оркестр артистне.

**Вера Николаевна Масловăна — хор артистине.**



Л. ПАВЛОВ плакачĕ.

# ШАНЧĂК

ЭТЕМЛЕХ ĕмĕрĕн тата тепĕр çулталăкĕ истори кĕнекине çырăнса юлчĕ. Мĕнле йĕр хăварчĕ-ха вăл пирĕн асра? Елĕкрех эпир тĕрлĕ уявсем умĕн тунă çитĕнӳсене хут çинче кăтартакан шут-хисеппе мухтанса кăшкăрашаттăмăр, халăх пурнăçĕнчи япăх улшăнусене асăрхамăш пулса лараттăмăр. Çапах та ӳсĕмсем пулман мар, вĕсем паян та çук мар. Уйрăм предприятисемпе пĕрлешӳсем, колхозсовхозсем халĕ те иртсе кайнă çулталăка курăмлă-сисĕмлĕ утăмсемпех тăрларĕç. Халăх пурнăçĕнче те хавас-савăнăç кӳрекен улшăнусем пулкаларĕç. Сăмахран, ку таранччен пенси ытла та сахал илсе тăнă çынсем, уйрăмах ялти ятлă-сумлă мучисемпе кинемейсем, патшалăх хăйсене укçа хушса панине пысăк çăмăллăх вырăнне хураççĕ.

Çапах та иртсе кайнă çул пирĕншĕн пĕртте çăмăл килмерĕ. Лавккасенчи çӳлĕксем çинчен пурне те ялан кирлĕ чылай таварсем çухалчĕç, черетсем вăрăмланчĕç. Çитмен пурнăç хĕтĕртнипе, çĕршыври тĕрлĕ халăхсем хушшинче шăв-шав тăма тапратрĕ, унта та кунта ĕççынннисем пăлхавсене тухкаларĕç. Совет парламенчĕ те, правительство та хыпкаланса халăх пурнăçне лайăхлатмалли майсем шыраççĕ. Анчах çĕнетӳ тапхăрĕн тĕптĕрĕс çулĕ çине ӳкме йывăр. Çавна май вĕсен ĕçĕ-хĕлĕнчи йăнăшсене шыракансем, çĕршыв пуçĕнче тăракансене ӳпкелекенсем йышланчĕç. Сутуилӳре халăха кирлĕ таварсене вăрттăн-карттăн айккинелле янăтаракан усламçăсемпе пасарта япаласене виçĕ хакпа сутакан улшуçсем хунаса кайрĕç. Кукпа пĕрлех ĕçре сахал вăй хурсах укçа нумайрах çапасшăн çунакансем нумайланчĕç. Çакнашкал кăткăс пурнăç—тăрмăшра çĕнетӳве ĕненмен çынсем тупăнкаласах тăраççĕ. Вĕсем, шанчăка çухатнăскерсем, аллисене усрĕç: çĕршывра революцилле улшăнусемшĕн пуçланнă кĕрешӳрен тухрĕç, ĕçре те веле-селе çаврăнкалама тытăнчĕç.

Пăтравлă вăхăт, йывăр самана — нимĕн те калаймăн. Кивĕ пурнăç тытăмне аркатса, çĕнĕлле майлаштарса яма нихçан та нихăш халăха та çăмăл пулман. Ку вăл тĕллев патне илсе каякан тĕрĕс çула шыранипе пĕрех. Шыравра йăнăш утăмсем те пулаççĕ, кĕтмен чăрмавсем те сиксе тухаççĕ. Çавăнпа паян пурнăç кăйттăланса çитнĕшĕн тӳрех хăраса ӳкер мар-ха, тӳрех шанчăка çухатар мар.

П[illegible] тăмсăр, паян[illegible] тумалли ĕçсене хăвăртрах малалла шутармалла. Ĕçĕ вара мăй таранах. Хулара та, ялта та. Хамăр республикăна экономика тĕлĕшĕнчен хăй тĕллĕн пурăнмалла тăвас тесессĕн, пĕтĕм хуçалăха çĕнĕлле йĕркелеме тивет. Завод-фабрикăсене халăха кирлĕ таварсем кумăйрах кăларма тытăнасчĕ, колхозсемпе совхозсене апатçимĕç ытларах туса илесчĕ. Чăвăш ялĕн пĕлах мар, теççĕ. Вăл ĕмĕртен хресчен пултарулăхĕпе палăрса тăнă. Юлашки [illegible]

кам та пурăнмасть. Иртнĕ çирĕм çул хушшинче районсенчи ял халăхĕ 250 пин çынна яхăн чакнă. Ку вăл халĕ ялта пурăнакансен çурри патнелле капашать. Çулсерен вунă-вуниккĕк пин катăлса пырать, урăхла каласан, кашни çулах Куславкка районĕ чухлĕ (хулине шутламасăр) пĕтсе тăрать. Вăрмар, Сĕнтĕрвăрри, Çĕрпӳ, Етĕрне районĕсенче ял çыннисен хисепĕ уйрăмах хăвăрт чакать.

Иртнĕ çулла республикăри районсем тăрăх çӳресе çаврăнтăм. Ытларах колхоз-совхозăн кĕрнеклĕ çурт-йĕрпе çуталса ларакан тĕп ялĕсене мар, сăртвар хушшине айккарах кĕрсе ларнă вакăрах ялсене çитсе курма тĕв тытрăм. Çулçӳрев мана Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Чĕнере те илсе çитерчĕ. Вăл Шĕнерпуçĕнчен, «Бичуринский» совхозăн пуç ялĕнчен, пĕтĕмпе те виç-тăват çухрăмра, çеç ларать. Апла пулин те вĕсем пĕр-пĕринчен çĕрпе пĕлĕт пекех уйрăлса тăраççĕ. Пĕринче культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтермелли капмар çуртсем тулнех, пурăнмалли кервен çуртсем шакăрах лараççĕ. Тепринче вара тĕтĕм сӳнне тайлăктейлĕк пӳртсем, чалăшнă хаппасем, тӳнне картасем ешĕл тавралăх ĕлккеллĕхне тĕксĕмлетсе тăраççĕ. Тахçан-ĕлĕк Чĕнерте çитмĕл килте çемье хуранĕ вĕресе тăнă. Халĕ вара çирĕм пӳрт патнелле кăна такăр сукмаксем пыраççĕ. Ытти килсем умне талккишпех курăк пуса илнĕ, вĕлтрен ашкăрса ларать. Пурăнакансем те ват çынсем анчах. Совхозра пĕтĕмпе те виçĕ вăйпитти арçын çеç ĕçлет. Вĕсем те тепрер ик-виçĕ çултан пенсие тухаççĕ. Хĕрарăмсем вара, хаçат чĕлхипе каласан, пурте тивĕçлĕ канура. Çавăнпа ĕнтĕ кунта тахçантанпах ача-пăча сасси илтĕнмест.

Халех çине тăрсан, Чĕнер йышши пĕтес вĕçне çитнĕ ялсене çălса хăварма пулать-ха. Унта хăвăртрах çамрăк çемьесене илентермелле, вĕсене çĕр çинче ирĕккĕн ĕçлеме майсем туса памалла. Паянхи ял çынни хресчен туйăмне вăратма халĕ тем тĕрлĕ майпа та усă курма пулать. Анчах вĕсене те сӳлама пĕлни кирлĕ. Атту пĕрисем халĕ ана-çарана тасрах арендаторсемпе фермерсене сутатса [illegible] сăççĕ. Вĕсене[illegible] пăлăх, [illegible]лăнрах çул памалла. Халлĕхе чылай хуçалăхра çĕнĕлле чăмăртаннă сак эртелсене те картсах каймаççĕ. Уйрăмах пысăк йышпа пысăк шалу илсе ларакан совхоз кантурĕсене вырăна хумаççĕ. Сав пуçлăхсем паянхи çĕнĕлĕхсене мĕн сăлтавпа урăлă тăнине ăнланма йывăр мар. Хăй тĕллĕн, никама пăхăнмасăр ĕçлекен эртелсем вăл кантурçăсене ĕççĕр тăратса хăвараççĕ-çке. Чăнниие вара хальхи вун-вуниккĕк яла пĕрлештерсе тăракан [illegible]

Хирĕç тăракансем пур пулин те, колхозсен пĕлтерĕшĕпе витĕмлĕхне çĕнĕрен çĕклеме вăхăт çитрĕ. Колхоз вăл пысăк кооператив, анчах ăна унăн прависене йăлтах тавăрса памалла. Çынсем унта пĕрле вăй хурса пурнăç тума ирĕккĕн кĕреççĕ. Чылайăшĕ йышпа кăна ĕçлеме хăнăхнă. Ял çыннисем халĕ çĕре ăна кайран татах туртса илесрен шикленнĕрен кăна мар, ăна çинче уй тункатилле пĕччен тĕрмешес килменрен те илме килĕшмеççĕ.

ÇАПАХ та çĕр ĕçĕнче пирĕн тухăçлăрах ĕçлеме май паракан пур йышши майпа та усă курмалла. Ан тив, колхозсем те çĕнĕрен вăй илччĕр, çав вăхăтрах аренда меслечĕ те айккинче тăрса ан юлтăр. Иртнĕ çуллахи тепĕр тĕлпулу аса килет. Йĕпреç районĕнчи Ирçе Çармăс ялĕнче «Новая сила» колхоз председателĕ Анатолий Викторович Волков питех те кăсăк япала каласа кăтартрĕ. Унта вĕсем пĕтĕм хуçалăха аренда йышĕсем çине пайласа янă иккен. Çавăн пек эртелсем кунта пурĕ çирĕм иккĕ. Çавна май правленире хут тусанĕ вĕçтерсе ларакан çынсен йышне чылай чакарнă. Колхоз çыннисем — председательтен пуçласа тракторист е доярка таранах — халлĕхе аванс шучĕпе пĕчĕкрех ĕç укçи илсе пурăнаççĕ. Çулталăк вĕçленсен вара, пĕтĕм тăкак-услама сумласа пăхсассăн, тупăша кам епле ĕçленине кура пайлаççĕ. «Мĕн тăвăн, халлĕхе тепĕр чухне укçа хутранситрен перекет кĕнекипе те кайса илме лекет», — кулкалать колхоз председателĕ. Анчах вăл шанчăка çухатмасть. Унăн çирĕп ĕненӳ пур: çĕнĕ йĕркелӳ ӳсĕмсем тума май паратех.

Çав вăхăтрах пирĕн яла сăнсăпатне улăштарас, культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес енĕпе те пысăк улшăнусем тумалла. Техех клуб та, лавкка та çук ялсем ан пулччăр, кĕрлĕ-çурлă ялпа ял хушшинче çăрăлса тухмалла мар тăнкăр-танкăр çулсене часрах чул сарса çитересчĕ. Ял халăхне парса тăракан медицина пулăшăвне те вăйлатасчĕ, ялти суту-илӳре йĕрке туса çитересчĕ. Яла юлма е таврăнма кăмăл тунă çамрăк çемьесене кил-йĕр çавăрма çăмăллăхсем [illegible] сăн-сăпатне ырлăх-пурлăх енчен те, культурăпа йăла-йĕрке енчен те тĕпрен улăштарас тесессĕн, пирĕн республикăра ялсене чĕртсе ямалла ятарлă программа туса хатĕрлемелле.

Хăрăнса çитнĕ чăваш ялĕсене чĕрĕ сăн кĕртесси вăл ялхуçалăх производствине вăйлăрах аталантарма е паянхи культурăпа йăла ыйтăвĕсене ăнăçлă татса пама çеç мар кирлĕ. Вĕсене чĕм кĕртсе ура[illegible]

ха сыхласа усракан чи шанчăклă вырăн. Вăхăт чуппи пирĕн хуласем çак пархатарлă тивĕçе пурнăçласа пыма пултарайманнине лайăх кăтартса пачĕ. Хулара урам е учреждени ячĕсене чăвашла çырса çапнипе е ачасене пусахласа чăваш чĕлхине вĕрентленипе кăна эпир тăван культурăна сыхласа хăвараймăпăр. Халĕ эпир наци культурине ытларах администраци меслечĕсемпе хисеплеттерме тăрăшатпăр.

ÇАПЛА, тумалли ĕçсем шутсăр нумай пирĕн. Ял хуçалăхĕпе культурине çӳллĕрех пусăма çĕклеме, республикăн пĕтĕм экономикине вăйлатма çине тăнипе пĕрлех хамăр пурнăçа демократипе кĕретлĕх сывлăшĕ кĕртессишĕн те нумай тăрăшмалла-ха. Юлашки уйăхсенче совет парламенчĕ те, халăх депутачĕсен съезчĕ те çĕнĕ саккунсем нумай кăларчĕç. Пышăнма хатĕрленсе çитекен саккунсем те чылай. Вĕсем, паллах, пирĕн пурнăç йĕркипе тытăмне сисĕнмеллех ăрасналатса пыраççĕ. Çавăнпа государство влаçĕн вырăнти органĕсен — Советсен пĕлтерĕшĕ пысăк. Чи малтанах вĕсен ял-хулари халăх пурнăçне урăхла йĕркелесе ярассишĕн хытă тăмалла. Ку таранччен вĕсем тулли влаçпа усă курайманрĕç-ха, кĕçех вĕсене аллă правасем парĕç. Унта малашне кивĕлле ĕçлеме юрамасть. Çавăнпа Советсене ертсе пыма халăх хуйхи-суйхине чун-чĕрепе ăнланакан, чи пуçаруллă та хастар çынсене шанмалла. Халĕ, суйлав кампанийĕ пынă вăхăтра, пирĕн шăпах вырăнти власть органĕсене вăйлатса, çĕнетсе, демократи витĕмĕ кĕртсе хăварма май пур. Манăн депутата суйлама кандидатсем тăратнă чухне темиçе пухура пулма тӳр килчĕ. Унта самаях пăшăрхантаракан япаласем асăрхарăм. Калăпăр, суйлавĕ Советсен пулин те, суйлав кампанине хальхи Советсен ĕç тăвакан комитечĕсем мар, ытларах парти комитечĕсем пуçарса пыраççĕ. Кандидата вырăнта ларакан пуçлăхсене нумай тăратаççĕ. Çав вăхăтрах халăх хушшинчен палăртса каланă, çĕнетӳшĕн чунне-юнне парса кĕрешекен ĕççыннисем сахал.

Лайăх пурнăç шыв хĕррине хумпа килсе ӳкесе кĕтсе вырма юрамасть халĕ пирĕн. Хамăр пуçаруллă пулмасан, хамăр кашни харпăр хăй вырăнĕнче ӳркевсĕр те тухăçлă ĕçлемесен, пире нимĕнле реформа та, нимĕнле саккун та илпеклĕ пурнăç туса параймасть.

Эпир [illegible] несем турăш умне тăрса çаплă кĕл тăватчĕç: «Эй, турă, паян пурăнмалăх çăкăр пар пире...» Анчах хăйсем нихçан та ырлăх сӳлтен тăкăнасса кĕтсе выртман. Пире, нимĕç вăрçи хыççăн ашшĕсĕр тăрса юлнă çара çурхахсене, тăрантарассишĕн те тумлантарассишĕн çитмĕл ÿнчĕ тар тухиччен тинкелесе ĕçлетчĕç. Çавăнпа эпĕ халĕ çапла шутлатăп. Вĕсен кĕлĕнче тĕн-тĕшмĕш ĕне[illegible]

## Пирĕн публицист трибуни

# Умра — пысăк тĕллевсем

Пирĕн 1990 интервью

В. СТЕПАНОВ,
КПСС Муркаш райкомĕн идеологи пайĕн заведующийĕ

ÇĂМĂЛ пулмарĕ совет халăхĕшĕн 1989 çул. Çĕршыв экономики йывăр лару-тăруран тухаймарĕ. Социаллă пурнăçри çитменлĕхсем чуна ыраттараççĕ. Нацисем хушшинчи хутшăнусем пăсăлса кайни хытă шутлаттарать. Ял пурнăçне лайăхлатас пирки СССР Халăх депутачĕсен съезчĕсенче çивĕч каласу пулчĕ. Анчах сывăх вăхăтрах ырă улшăнусем пуласса шанма хĕн. Çĕршывра преступлени тăвасси ӳссе пырать. Çаксем пурте общество пурнăçне пушшех йывăрлатрĕç. Мĕнле пулсан та, экономика йывăрлăхран тухасса ĕненетĕп.

Пĕлтĕр манăн пурнăçра пысăк улшăнусем пулчĕç. ВЛКСМ Муркаш райкомĕн пĕрремĕш секретарĕнче тăватă çула яхăн ĕçленĕ хыççăн парти райкомĕн идеологи пайĕн заведующине партрĕç. Ку маншăн ишме пĕлмен ачана шыва пăрахнă пекех килсе тухрĕ. Тӳрех суйлавпа çыхăннă ĕçе пикентĕм. Кашни утăмрах — çĕнни, халиччен пĕлменни. Ытларах халăх хушшинче пулма тивет. Декабрĕн пĕрремĕш çурринче обществăпа политика центрĕсене, суйлавçăсен клубĕсене йĕркене кĕртрĕмĕр, суйлавпа çыхăннă ытти ĕçсем турăмăр...

Хыçала çур пурнăç юлчĕ темелле. Комсомол маншăн ырату та, савăнăç та пулнă.

Сĕмĕрлери автофургон комбинатĕнчи 5-мĕш цех коллективĕ Çĕнĕ çулта ĕçри çитĕнӳсемпе кĕтсе илчĕ. А. Кирюшина комсомолка ертсе пыракан отделочниксен бригади уйрăмах хастар — кашни уйăхрах планран иртгерсе 2—3 пин тенкĕлĕх продукци кăларать.

А. Шунтов ертсе пыракан столяр-монтажниксем те пуçаруллă — пурте пысăк квалификациллĕ рабочисем, ĕçе ялан паха пурнăçлаççĕ. 40 çул ытла предприятире ĕçлекен Валентин Дмитриевич Галкин наставник тӳпи те пур çакăнта.

⊙ Надежда Маркова отделочница.

⊙ А. Шунтов бригадир (сылтăмран иккĕмĕшĕ) В. Аракчеев, В. Галкин, М. Васильев, А. Шелдагаев, И. Маясов столяр-монтажниксемпе пĕрле. Ю. Дмитриев фотоӳкерчĕкĕсем.

Юрий ВИРЪЯЛ

# Çĕнел те ху — çĕнет çак пурнăçа

ÇĔН ÇУЛ
Тĕпчевçĕ-тишкерӳçĕ пул,
Пилле кунçул тивлечĕ-сиплĕхне.

Кĕрешӳре хăв хевтӳне кăтарт,
Çынсем мухтаччăр — ӳсĕм эс тусан.

Чухла: шыв çеç сăхать выртан кеска,
Пыл тултарсан, çĕрмест çăка катка!
Хăвăртлату тесе ан хыпкалан
Аваннине те туххăм арктма.

илсе каякан тӗрӗс çула шыравапе пӗрех. Шыравра йӑнӑш утӑмсем те пулаççӗ, кӗтмен чӑрмавсем те сиксе тухаççӗ. Çавӑнпа паян пурнӑç кӑйттӑланса çитнӗшӗн тӳрех хӑраса ӳкер мар-ха, тӳрех шанчӑка çухатар мар.

П тӑмасӑр, паян [illegible] тумалла ӗççене хӑвартрах малалла шутармалла. Ӗçӗ вара мӑй таранах. Хулара та, ялта та. Хамӑр республикӑн экономика тӗлӗшӗнчен хӑй тӗллӗн пурӑнмалла тӑвас тесессӗн, пӗтӗм хуçалӑха çӗнӗлле йӗркелеме тивет. Завод-фабрикӑсене халӑха кирлӗ таварсем нумайрах кӑларма тытӑнасчӗ, колхозсемпе совхозсене апат-çимӗç ытларах туса илесчӗ. Чӑваш алли чӑлах мар, теççӗ. Вӑл ӗмӗртен хресчен пултарулӑхӗпе палӑрса тӑнӑ. Юлашки вӑхӑтра иксӗлсе пыма тытӑнчӗ. Пирӗн республикӑре ырӑш улӑмӗпе кӑна хӗл каçнӑ лаша евӗр ырхан хуçалӑхсем йышланса кайрӗç. Ку вӑл çӗршывра ялхуçалӑхӗнчи ӗçпуça ӑслӑн йӗркелесе пыманнипе; çавна пула халӑх, ялапӑракса, хулана куçма тытӑннипе те çыхӑннӑ. Республикӑра халӗ вунӑ пине яхӑн пӳрт хупӑ ларать. Ялти кашни çирӗм пилӗк килрен пӗринче ни-

[illegible] туса памалла. Паянхи ял çыннин хреспен туйӑмне вӑратма халӗ тем тӗрлӗ майпа та усӑ курма пулать. Анчах вӗсене те сӳйлама пӗлни кирлӗ. Атту пӗрисем халӗ ана-çарана часрах арендаторсемпе фермерсене салатса [illegible] ... лайрах çул памалла. Халлӗхе чылай хуçалӑхра çӗнӗлле чӑмӑртаннӑ çак эртелсене те картсах каймаççӗ. Уйрӑмах пысӑк йышпа пысӑк шалу илсе ларакан "совхоз кантурӗсенче вырӑна хумаççӗ. Çав пуçлӑхсем паянхи çӗнӗлӗхсене мӗн сӑлтавпа урлӑ тӑнине ӑнланма йывӑр мар. Хӑй тӗллӗн, никама пӑхӑнмасӑр ӗçлекен эртелсем вӑл кантурçӑсене ӗçсӗр тӑратса хӑвараççӗ-çке. Чӑннипе вара хальхи вун-вуппилӗк яла пӗрлештересе тӑракан, ептсе пыма мелсӗр, пуçтарусӑр совхозсем пирӗн республикӑри ялхуçалӑхне те снобмеллех йӑштарса хӑварнӑç. Ансӑртран мар ӗнтӗ тӑкаклӑ, тухӑçсӑр, телӑмсӑр сав хуçалӑхсенчен уйӑлса, пӗчӗкрех колхозсем чӑмӑртас кӑмӑллӑ ялсем пумайланнӑç. Анчах ял пухӑвӗсем йышӑннине совхоз пуçӗнче тӑракансем те, районти партипе совет органӗсем те питӗ сиввӗн кӗтсе илеççӗ.

танкар-танкар çулсене часрах чул сарса çитересчӗ. Ял халӑхне парса тӑракан медицина пулӑшӑвне те вӑйлатасчӗ, ялти суту-илӳре йӗрке туса çитересчӗ. Яла юлма е таврӑнма кӑмӑл тунӑ çамрӑк çемьесене кил-йӗр çавӑрма çӑмӑллӑхсем [illegible] сӑн-сӑпатне ырлӑх-пурлӑх енчен те, культурӑпа йӑла-йӗрке енчен те тӑпрен улӑштарас тесессӗн, пирӗн республикӑри ялсене чӗртсе ямалли ятарлӑ программа туса хатӗрлемелле.

Хӑрӑнса çитнӗ чӑваш ялӗсене чӗрӗ сӑн кӗртесси вӑл ялхуçалӑх производствине вӑйлӑрах аталантарма е паянхи культурӑпа йӑла ыйтӑвӗсене йӑлçлӑ татса пама çеç мар кирлӗ. Вӗсене чӗм кӗртсе ура çине тӑратма пире тепӗр сӑлтав та хытӑ хистет. Наци республикинчи ял вӑл уяги халӑха апат-çимӗç парса тӑракан хуçалӑх кӑна мар, пӗр вӑхӑтрах вӑл халӑхӑн несӗлтен несӗле куçса пыракан нумай енлӗ йӑли-йӗркине, çапуç ӑрасналӑхне, ӗçме-çиме уйрӑмлӑхне, чӗлхе янравлӑхне, ташӑ-юрӑ ӑсталӑхне, кӑмӑл-туйӑм пуянлӑхне упраса тӑракан усравлӑх та пулса тӑрать. Урӑхла каласан, ял вӑл пирӗн наци хӑйеврӗлӗхне — чӑвашлӑ-

Хамӑр пуçарулла пулмасан, хамӑр кашни харпӑр хӑй вырӑнӗнче ӳркевсӗр те тухӑçлӑ ӗçлемесен, пире нимӗнле реформа та, нимӗнле саккун та илпеклӗ пурнӑç туса параймасть.

[illegible] несем турӑш умне тӑрса çаплах кӗл тӑватчӗç: «Эй, турӑ, паян пурӑнмалӑх çӑкӑр пар пире...» Анчах хӑйсем нихçан та ырлӑх çӳлтен тӑкӑнасса кӗтсе выртман. Пире, нимӗç вӑрçи хыççӑн ашшӗсӗр тӑрса юлнӑ çара çурхахсене, тӑрантарассишӗн те тумлантарассишӗн çитмӗл сичӗ тар тухиччен тинкеленсе ӗçлетчӗç. Çавӑнпа эпӗ халӗ çапла шутлатӑп. Вӗсен кӗлӗнче тӗп-тӗшмӗш ӗненӗвӗ кӑна мар, харпӑр хӑйне ӗненни те пулнӑ. Нимрен ытла çак ӗненӳ пӳрт тулли ачапа тӑрса юлнӑ тӑлӑх арӑмсене малашне пурӑнма кирлӗ шанчӑк кӳнӗ. Шанчӑксӑр пурӑнакан этем çур çын кӑна, теççӗ. Эпир те паян, Çӗнӗ çула кӗнӗ май, пехетлӗ пуласлӑха хальхи йывӑрлӑхсен чӑтлӑхӗ витӗр курса, пӗр чарӑнса тӑмасӑр уп патиелле ӑнтӑлӑпӑр.

Василий ПЕТРОВ.

Юрий ВИРЪЯЛ

## Çӗнел те ху — çӗнет çак пурнӑçа

ÇӖН ÇУЛ!
Тӑпчевçӗ-тишкерӳçӗ пул,
Пилле кунçул тивлечӗ-сиплӗхне,
Хыт-хурана умран çава пек çул,
Сир ултава,
Тасат чун нишлӗхне!

Хыпса çунни,
Ир-каçӑн тӑрӑшни
Харам ан пултӑр!..
Ыр тӗллев пӗрре:
Çӗн çӑлтӑр суттӑр ӗçӗпе кашни!
Юлташ, пур-çукшӑн ан кӗрсем чӗрре!

Эс, уççӑнлӑх тесе, çӑвар ан кар,
Вил ашшӑн кӑранклатнӑ пек çӑхан:
Кӗрешӳре хӑв хентӳне кӑтарт,
Çынсем мухтаччӑр — ӳсӗм эс тусан.

Пуш сӑмахпа — пура та пураймап,
Пуш пучахпа — никам та пуяймап!
Эс демократи ырлӑхне кура,
Ан хӗрӗн-ха пурне те пӑтратма:

Курсам, кам тар тӑкать ӑмӑртура,
Кам хатӗр чӑнлӑхшӑн чунне пама.
Хур куриӑ, тет, йышран уйрӑлакан,
Култарнӑ хӑйӗнчен
каппаякан!
Ан хурласам ӗçченçӗ-ӑстаçа,
Кӗве çнет пит кӗвӗç этеме:
Çӗнел те ху — çӗнет çак пурнӑçа,
Пӑрах çара çерçи пек чимлетме.

Чухла: шыв çеç сӑхать выртан касса,
Пыл тултарсан, çӗрмест çӑка катки!
Хӑвӑртлату тесе ан хыпкалан
Аванниие те туххӑм аркатма.

Сич хут виççе, пӗр хут касма ан ман,
Пӗл: нинӗççӗр май çук кермен лартма.
Пит васкакан — ӳксе пуç çуракан,
«Ухмах» сутса, сӗм сукӑр юпакан!

Ан пӑс-ха урӑ пурнӑç илемне,
Сыпса эрех, пӗрике-пӗрике хапша,
Хура çӗлен ан сӑхтӑр чӗрене,
Ан кастӑр тикӗт сыв пуса, ӑша,
Этем патвар — хӑват тапса тӑрсан,
Хитре — çут ӗмӗтпе çунат сарсан!



## Партипе пӗрле

В. КАЗАКОВ,
Тӑвай районӗнчи Элпусри вӑтам шкул учителӗ

СЕНТЯБРЕН 1-мӗшӗ — Пӗлӳ кунӗ. Эпӗ, учитель, ӑна ӑстӑн уявӗ вырӑнне хуратӑп. 1989 çулхи сентябрӗн 1-мӗшӗ ӗмӗрлӗхех асра юлӗ. Çав кун эпӗ КПСС членӗн кандидачӗ пулса тӑтӑм. Парти райкомӗн бюро членӗсенчен пӗри манран çапла ыйтрӗ: «Эсир парти ретне пӗр иккӗленмесӗр тӑратӑр-и? Хӑшпӗрисем, авӑ, партирен питӗ çӑмӑллӑн тухаççӗ».

Кун пек ыйту пуласса кӗтнӗ эпӗ, мӗншӗн тесен Коммунистсен партийӗн хальхи саманари шӑпи пирки нумай шухӑшланӑ. Истори преподавателӗ пулнӑ май пулни-иртнине тишкеретӗп, танлаштаратӑп. Партишӗн чӑннипех йывӑр вӑхӑт çитрӗ. Ӑна пуо енчен те тапӑнаççӗ, ӑна пуриншӗн те айӑплама пӑхаççӗ. Ман шутпа, паянхи саманара хӗвӗн пурнӑçна КПССпа çыхӗнтарма хӑюлӑх кирлӗ. Эпӗ коммунистсене шанатӑп, ӗненетӗп. Вӗсен ырӑ тӑслӑхӗ куç умӗнех.

*Истори страницисем*

# ПӐВАРАН ЯНӐ ТЕЛЕГРАММА

ПАЯН, РЕВОЛЮЦИЛЛЕ ÇЕНЕТӲ ПЫНА ЧУХНЕ, ПИРЕ ЛЕНИН УЙРАМАХ КИРЛЕ. ÇЕРШЫВАН МАЛАШЛАХЕ ПИРКИ ВАЛ МЕН ШУТЛАНА? ПУРНАÇРИ ТЕРЛЕРЕН ПУЛАМСЕНЕ МЕНЛЕ АНЛАНТАРНА? СОВЕТ ВЛАÇЕН МАЛТАНХИ ÇУЛЕСЕНЧИ ОПЫТРАН ХАЛЕ ХАШЕ УСАЛЛА? ПАРТИЕ, СОВЕТСЕНЕ, ЭКОНОМИКАПА СОЦИАЛЛА ПУРНАÇА ТЕПРЕН ÇЕНЕТСЕ УЛАШТАРНА ВАХАТРА ЙАНАШАС МАР ТЕСЕ, ЛЕНИНПА ÇИТЕЛЕКЛЕ ТАРАН КАНАШЛАТПАР-И ЭПИР, УНАН ВИЛЕМСЕР ИДЕЙИСЕМПЕ, ВЕРЕНТЕВЕПЕ КИРЛЕ ПЕК УСА КУРАТПАР-И?

СОВЕТ влаçӗ çӗнтернӗ хыççӑн çӗршыври халӑхсем кивӗ тӗнчене ватса çӗнӗ пурнӑç тума тытӑнсан, В. И. Ленин патне Кремле таçтан та килнӗ телеграммӑсемпе çырусене вуласан, çавӑн çинчен чи малтанах шутласа илетӗн. Пурнӑçа тӗпрен çӗнетсе улӑштарнӑ тапхӑрта хӑйсен мӗн тумалли пирки канаш ыйтса, çулпуç патне Чӑваш çӗршывӗнчен те çырусемпе телеграммӑсем янӑ. Вӗсене эпир «Ленин и Чувашия» кӗнекере вулама пултаратпӑр. Анчах та унта пурте мар иккен. Халичченн паллӑ маррисем те пур. Çавсенчен пӗри — Пӑва уесӗнчен 1919 çулхи Çӗнӗ çул хыççӑнах яни. Акӑ вӑл:

«Пӑва уесӗнчи хресченсен III съездӗнчен.
Мускав, Совнарком, Ленина.

Революцилле Коммунистсен партийӗ Пӑвара кулаксене пухса тултарчӗ. Çав ятпа вилтӗнсе, унта уйчченхи контрреволюционерсемпе монархистсем йӑва çавӑрчӗç. Вӗсем çак партии çуррине яхӑн йышӑнаççӗ, ун хӳттинче пытанса, Совет влаçӗ айӑпласран пӑрӑнса юласшӑн тата унчченхи пекех революцие хирӗç агитаци тума хӑтланаççӗ. Пӑва уесӗнчи хресченсен виççӗмӗш съездӗ, шурӑ гвардеецсене каллех пуç çӗклеме парас мар тесе, революцилле коммунистсен Пӑвари организацине салатса яма йышӑнчӗ, çакӑн çинчен ВЦИКа, Мускава тата Совнаркома пӗлтерет. Тата çакна ыйтма хушрӗ: провинцие Мускавпа Питӗртен тымар янӑ хлестаковсемпе сулахай эсерсен ултавçисенчен — хӑйсене революцилле коммунистсен партийӗ тесе каласа, вырӑнти ӗçе пӗтерсе хума тӑракан çынсенчен — тасатӑр. Çакӑн çинчен Чӗмпӗр кӗпӗрне комитетне те пӗлтеретпӗр, асӑрхануллӑ ӗçсем тӑвасса кӗтетпӗр.

Пӑва уесӗнчи виççӗмӗш съезд председателӗ
Захаров.
Коммунист - большевиксен партийӗн председателӗ
Герасимов.
Съезд секретарӗ Кутузов».

ТЕЛЕГРАММАРИ хӑшпӗр сӑмахсене мӗншӗн хурапа çырнӑ пирки тӳрех каласа хӑварар. Вуланӑ чух Ленин аялтан кӑранташпа туртса хӑйшӗн паллӑ тунӑ вӗсене. Ахӑртнех, çав йӗркесенчи шухӑш питӗ килӗшнӗ ӑна. Вӑл унпа пӗрпӗр çӗрте сӑмах каланӑ чух е сулахай эсерсен хӑрушӑ ӗçне халӑха ӑнлантарса пама усӑ курнӑ. Ахальтен мар телеграмма çине: «Архива, кирлӗ пулсанах илсе пӑхма», тесе çырса хунӑ.

Революцилле коммунистсем тесе хӑйсене сулахай эсерсен пӗр йышӗ каланӑ. Хресченсен шухӑш-кӑмӑлне палӑртса, вӗсем Вӑхӑтлӑх правительство чухнех, 1917 çулхи çулла, пуянсен çӗрне туртса илсе чухӑнсене валеçсе парасси пирки ыйту лартнӑ. Çавна май халӑх сулахай эсерсен пур тӗллевӗсене те малтанласа уççӑн пӗлмен. Вӗсем Октябрьти хӗçпӑшаллӑ восстание хутшӑнни те революци тума пулӑшнӑ. Совет влаçӗ çӗнтерсен, сулахай эсерсен партийӗн пуçлӑхӗсем çӗнӗ правительствӑра ӗçлеме килӗшнӗ. Ленинпа пӗрле Совнаркомра пулнӑ. Анчах та 1918 çулхи февральте, унталла-кунталла пӑркаланма пуçласа, большевиксене хирӗç кайнӑ. 1918 çулхи июльте, Мускавра Германи посолне вӗлерсе, сулахай эсерсем вӑрçӑ хускатма хӑтланнӑ.

Хӑшпӗрисем çакна ырламан. Вара сулахай эсерсен партийӗ икке пайланса кайнӑ. Пӗрисем хӑйсене — халӑх революционерӗсем, теприсем — революцилле коммунистсем теме пуçланӑ. Кусем большевиксен çулӗйӗрӗнчен пӑрӑннӑ, вырӑнта Совет влаçне çирӗплетме чӑрмантарнӑ.

АВА МЕНШЕН Пӑва уесӗнчи хресченсен III съездӗ кунти революцилле коммунистсен организацине салатса янӑ. Ку тӑрӑхра Совет влаçне çирӗплетес тӗлӗшпе активлӑ ӗçленӗ çынсен асаилӗвӗсемпе архивсенчи хутсенчен çакӑ паллӑ: 1918 çулхи мартчченех Пӑвара та, уесри ялсенче те большевиксем пулман. Çавӑнпа Петербургпа ытти пысӑк хуласенче Совет влаçӗ çӗнтерсен те кунта çав-çавах кадетсемпе меньшевиксем тата эсерсем хуçаланнӑ-ха. 1917 çулхи февральти революци хыççӑн темиçе уйӑхран йӗркеленнӗ салтаксемпе рабочисен депутачӗсен Пӑва Советӗнче вуникӗ членран иккӗшӗ çеç большевиксем майлӑ пулнӑ, ыттисем Совет влаçне хирӗç пынӑ. Уесра Совет влаçӗ туса хунӑ вӑхӑтра, 1918 çул пуçламӑшӗнче, кӗрешӳ уйрӑмах çивӗчленнӗ.

«Съездри эсерсемпе националистсене, чиновниксемпе вӗсен майлисене хирӗç хытӑ кӗрешме тиврӗ, — çырать хӑйӗн асаилӗвӗнче И. К. Скрипин. Совет влаçне йӗркелес ыйтупа ирттернӗ уесри рабочисемпе салтаксен тата хресченсен депутачӗсен Совечӗн съездне председатель пулса ертсе пынӑскер, кайран уес Совечӗн председательне суйланӑскер. Совет влаçне тусса хурасси çинчен нумай калаçнӑ-тавлашнӑ хыççӑн пирӗн тӑшмансем (эсерсем) президиума В. И. Ленин алӑ пуснӑ пек тунӑ суя телеграмма пырса тыттарчӗç. Унта пире Советсене мар, Учредительнӑй пухӑва власть вырӑнне йышӑнма сӗннӗччӗ. Çак суя хута вуласа парса, эпир съезд ӗçне маллла тӑсрӑмӑр, ку телеграмма провокацилле япала çеç, усал шухӑшпа кунта çеç çырса хатӗрленӗскер, тесе каларӑмӑр, унпа хамӑр килӗшменнине пӗлтертӗмӗр. Ленин юлташ уйччен те Совет влаçӗшӗн тӑнӑ, халӗ те Совет влаçӗшӗн, терӗмӗр пӗр иккӗленмесӗрех. Капла ӗç тухманнипе Блинов (Учредительнӑй пуху членӗ), Филиппов (эсер), Забродин тата националистсем пире Учредительнӑй пухӑва вӑйпах йышӑнтаратпӑр тесе хӑратма пӑхрӗç. Анчах та эпир, çирӗп тӑрса, çапла каларӑмӑр: ку съезда та, уес центрне те Пасарлӑ Упи ялне куçаратпӑр, унта Совет влаçӗ йӗркелетпӗр, хулана укçасӑр тата хуралсӑр хӑваратпӑр. Телеграфпа Чӗмпӗртен çар чӗнетпӗр, тупӑсемпе тата пулеметсемпе хирӗç тӑрса, Совет влаçне кураймая эшкере лапчӑтса тӑкатпӑр. Эпӗ, председатель пулнӑ май, президиум сӗннипе ларӑва хупрӑм, ӑна ыран малалла тӑсасси çинчен пӗлтертӗм. Çавӑнтах асӑрхаттартӑмӑр: «Господинсем, эсир эхер те ыран вунӑ сехетчен хӑвӑр Совет влаçне йышӑнни çинчен пӗлтермесен, эпир Пасарлӑ Упие каятпӑр, тин çеç каланӑ пек тӑватпӑр». Çакӑнпа пӗрлех президиум икӗ делегата Чӗмпӗр кӗпӗрне ӗçтӑвкомне васкавлӑн яма, большевиксем ертсе пыракан хӗрлӗ гвардеецсен отрядне илсе килме йышӑнчӗ».

СОВЕТ влаçне йышӑнма тивнӗ пулин те, Пӑвара эсерсемпе контрреволюционерсем хӑйсен киревсӗр ӗçне тума чарӑнман. Пӑлхав пуçласа, чехословаксен корпусӗ 1918 çулхи çулла Чӗмпӗрпе Пӑвана, Хусана тытса илсе Чӑваш çӗршывне пырса кӗрсен, эсерсемпе ытти тӑшмансем каллех хуçаланма тапратнӑ. Вӗсем хӗтӗртнипе Пӑвара совет учрежденийӗсене аркатнӑ, уес ӗçтӑвкомӗн членӗсене — пирӗн ентеше Карзанова, Хамзин комиссара тискеррӗн хӗнесе вӗлернӗ. Патӑрьел патӗнче 1918 çулхи августӑн 28-мӗшӗнче пулса иртнӗ хаяр çапӑçура Пӑва уесӗнчи çарӗç комиссарӗ Крепков тата хӗрлӗ армеецсем чылайӑн пуçне хунӑ.

Уесри хресченсен III съездӗ Ленин патне телеграмма ярса пӗлтерес умӗн авӑ мӗнле лару-тӑру пулнӑ Пӑва уесӗнче, çав шутра Чӑваш çӗршывӗн кӑнтӑрти районӗсенче те. Хӑйне революцилле коммунистсем тесе каласа, кулаксемпе тата ытти контрреволюционерсемпе пӗрле Совет влаçне хирӗç пыракан сулахай эсерсен хӑрушӑ ӗçне Пӑва уесӗнчи хресченсем те туйса илнӗ. Шуррисен пусмӑрне тӳссе курнӑ хыççӑн уçалнӑ вӗсен куçӗ. Пӑва большевикӗсем текех иртӗхме паман эсерсене. Космовскисӗр пуçне, вӗсене хирӗç Д. З. Захаров тата хайхи телеграмма çине алӑ пуснӑ Н. И. Кутузов та активлӑ кӗрешнӗ. Захаров Комсомольски районӗнчи Тури Тимӗрчкасси çынни, Кутузов — Патӑрьел районӗнчен.

«За власть Советов» сборникра пичетленнӗ асаилӗвӗнче И. К. Скрипин В. И. Ленин патне Пӑваран тепӗр телеграмма та яни çинчен çырать. Брестра 1918 çулхи мартӑн 3-мӗшӗнче Германипе мирлӗ договор тунӑ хыççӑн пулнӑ ку. «Мускавран шифрпа янӑ телеграмма илтӗмӗр. Унта уес ӗçтӑвкомне хулапа уес ӗçтӑвкомӗ нимӗçсемпе Брестра мирлӗ договор тунине ырлани е хирӗç пулни çинчен васкавлӑн пӗлтерме сӗннӗччӗ. Ӗçтӑвком ларӑвӗнче сӳтсе явса, Владимир Ильича хамӑр мирлӗ договора ырлани çинчен пӗлтертӗмӗр», — палӑртать И. К. Скрипин.

Çак телеграммӑна шыраса тупма май килмерӗ-ха. Маларах илсе кӑтартнӑ телеграмма вара КПСС Центральнӑй Комитечӗ çумӗнчи марксизм-ленинизм институчӗн партия тӗп архивӗнче упраннӑ. Ӑна нумаях пулмасть тупса палӑртнӑ, темиçе çул каялла тухнӑ «Трудящиеся Татарии В. И. Ленину» кӗнекере пуçласа пичетленӗ.

И. МАТРОСОВ.

# Шупашкар улăпĕ—90

**РЕСПУБЛИКА ЭКОНОМИКИН АТАЛАНĂВНЕ ИЛСЕН, 1989 ÇУЛ «ШУПАШКАРТИ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ТРАКТОРĔСЕН ЗАВОЧĔ» ПРОИЗВОДСТВО ПĔРЛЕШĔВĔ ТУСА КĂЛАРАКАН ХĂВАТЛĂ МАШИНĂСЕМ ЧИКЕ УРЛА ХАЮЛЛĂ УТĂМ ТУНИПЕ ТЕ ПАЛЛĂ ПУЛЧĔ. ĔÇ КОЛЛЕКТИВĔ ЭКСПОРТ ЗАКАЗĔСЕНЕ МАЛАШНЕ ЫТЛАРАХ ТА ЫТЛАРАХ ПУРНĂÇЛĔ. ÇАКĂН ÇИНЧЕН КАЛАСА ПАРАТЬ ПĔРЛЕШĔВĔН ГЕНЕРАЛЬНĂЙ ДИРЕКТОРĔ Х. Х. МИНГАЗОВ.**

**— Ханиф Хайдарович, сирĕн пĕрлешӳри «Тракторостроитель» хаçат нумай пулмасть çапса кăларнă фотоӳкерчĕкре Куба республикин руководителĕсенчен пĕри Рауль Кастро Шупашкар тракторĕ патĕнче тăнине кăтартнă. Эппин, Шупашкар улăпĕ Ирĕклĕх утравĕ çине те çитрĕ?**

— Чăнах та, тĕлĕнмелли пурах кун пек тĕслĕхсенчен. Темиçе çул каярах кăна пĕрлешӳ машинисене урăх çĕршывсем туянасси пурнăçланайми ĕмĕт пекчĕ. Астăватăр пулĕ, пирĕн тракторсене вĕçĕмсĕр хурлатчĕç, хамăр та çавăнпа килĕшме хăнăхнăччĕ пулас. Çапах та пĕрмаях ятлани, тиркени кама килĕштĕр? Шупашкарти трактор ăстисем текех намăс курас темерĕç. Вĕсем чăннипех те хăюлла шухăш тытрĕç: хамăрăн машинăсемпе тĕнчери рынока тухмалла.

Калама пулать-ха, сăмаха вара ĕçре мĕнле тӳрре кăлармалла? Чикĕ леш енче ыра сăмаха тивĕç пулма питĕ йывăр. Çавăнпа кăткăс та ответлă ĕç пуçланчĕ.

Производствăра татăклă улшăнусем тусан, пирĕн тракторсен моторесурсĕ палăрмаллах пысăклансан тин экспорт заказĕсем пирни шухăшлама май килчĕ. «Тракторoэкспорт» фирма урлă урăх çĕршывсен фирмисемпе çыхăнтăмăр. Вĕсем пирĕн завод, унăн продукцийĕ çинчен пĕлмеççĕ те. Суту-илӳре реклама малта пырать, теççĕ вĕт. Эпир те Шупашкарти трактор туса кăларакан пĕрлешӳ, унăн продукцийĕ çинчен анлăн çутатма тăрăшрăмăр.

1988 çулта пĕрремĕш ушкăнти 18 трактор урăх çĕршывсенче ĕçлеме тытăнчĕ. Мĕн тери пысăк пĕлтерĕшлĕ пулчĕ вăл. Пирĕн хамăр ĕçе ĕнентерӳллĕн кăтартса памалла-çке. Буншар ăста рабочипе инженер урăх çĕршывсене командировкăна кайрĕ. Ответлă задача пулчĕ вĕсен: трактор вăйне кăтартмалла, çĕнĕ хуçасене вĕсемпе шанчăклă ĕçлеме хăнăхтармалла, техника тĕлĕшĕнчен пăхса тăрассине йĕркелемелле. Çакна пур енчен те япăх мар пурнăçланă теме пулать.

**— 1989 çулта вара мĕнле улшăну тума май килчĕ?**

— Хăварах шутлăр, пĕлтĕр экспорт заказĕпе 100 машина ăсатрăмăр. Вĕсене инçе çула кăлармалли адрессем те хушăнчĕç. Малтанхи тракторсене Болгарие, Венгрие тата Югославие ăсатнă пулсан, пĕлтĕр Румыни, Китай Халăх Республики, Турци заказĕсене пурнăçларăмăр. Çавăн пекех Африкăри çĕршывсемпе — Нигерипе тата Замбипе — килĕшӳ тунă.

Калаçăва Куба республикинчен пуçларăмăр. Унта Шупашкар улăпĕсемпе питĕ интересленеççĕ. Çак кунсенче кăна-ха Кубăран çыру илтĕм. Фидель Кастрон сывăх тусĕ, дивизи генералĕ Хулио Касас Регейро мана Кубана пырса курма чĕнет. Унта пирĕн тракторсене пăхса-юсаса тăракан сервис центрĕ йĕркелеме шутлаççĕ. Çакă вăл Латинла Америкăри ытти çĕршывсемпе суту-илӳ тумашкăн та çул уçса парать.

Паян пирĕн трактор тăхăр çĕршывра ĕçлет. Тĕллев вара çакăн пек — çитес вăхăтрах экспорт заказĕпе çуллен 300—400 машина сутмалла. Ку вăл коллектива валюта укçи парать. Урăхла каласан, хамăрăн нумай-нумай ыйтăва ăнăçлăрах татса пама пултарăпăр.

**— Урăх çĕршывсенчи предприятисемпе кооперациллĕ çыхăнăвĕсем мĕнле аталанаççĕ?**

— Пĕр уйăх каярах пирĕн пĕрлешӳре Румыни, Китай, Болгари, Турци специалисчĕсем пулчĕç. Вĕсем ĕçлĕ çыхăнусем йĕркелеме килнĕ. Сăмахран, Болгарири Брашов хулинчи трактор завовĕнче кооперациллĕ никĕсĕ çинче 35 тонна туртăм вăйлă тракторсем туса кăларассине, Т-500 тракторăн çӳрев узелĕсен деталĕсене пирĕн тен илсе тăрассине йĕркелесшĕн. Румыни пире оборудовани, тĕрлĕ техника парса тăма шутлать. Китай Халăх Республикинчи туссем пулăшнипе хамăр цехсенче пĕчĕк тракторсем туса кăларма йышăнтăмăр. Турккăсен «Энка» фирми Т-330 тата Т-500 трактор-бульдозерсем туянать, вĕсемпе строительство ĕçĕсенче анлă усă курма палăртать.

Тĕнчери рынока тухни коллектив ят-сумне çĕклет. Кунта пурлăх енчен хавхалантарнине те шута хумалла. Акă, экспорт планне ăнăçлă тултарсанах 4 миллион тенке яхăн тупăш илетпĕр.

Çав вăхăтрах — ответлăх та. Урăх çĕршывсенче хамăр маркăна çӳлте тытас тесен, трактор пахалăхне яланах ӳстерсе пымалла, продукцие вăхăтра ярса памалла. Эпир малашне тулашри экономика çыхăнăвĕсен акционер обществине йĕркелесшĕн. Ун чухне тракторсене тӳрех хамăр сутма пуçлăпăр, тупăш шайĕ татах пысăкланĕ.

**— Тĕнчери хутшăнусем çинчен калаçнă май, Ханиф Хайдарович, тепĕр ыйту: 1989 çул вĕçĕнче эсир Федерациллĕ Германи Республикинче виçĕ эрне хушши пултăр...**

— М. С. Горбачев çав çĕршывра пулнă вăхăтра совет директорĕсен пĕр ушкăнне Федерациллĕ Германи Республикинчи предприятисене вĕренмешкĕн яма калаçса татăлнă. Эпир Шупашкарти агрегат завочĕн директорĕпе О. А. Волковпа пĕрремĕш ушкăна лекрĕмĕр. 21 кун хушшинче унта производствăна мĕнле йĕркеленипе тĕплĕн паллашрăмăр. Мĕн килĕшрĕ мана? Предприятисем пурте потребительсен ыйтăвĕсене пурнăçлассине тĕп вырăна хураççĕ. Хăйсен таварне меллĕрех майпа сутасси шăпах çакăнпа çыхăннă. Пĕлетĕр-и, унта ĕç коллективĕсен совечĕсем тахçанах пур ĕнтĕ. Çав советсем экономика ыйтăвĕсемпе нумай ĕçлеççĕ.

Эпĕ Федерациллĕ Германи Республикинче унччен те пулнă. Мĕншĕн тесен производствăн чылай задачисене унти фирмăсемпе пĕрле татса паратпăр. Иртнĕ эрнесенче кăна пĕрлешӳри специалистсен икĕ ушкăнĕ каллех çав çĕршывра пулчĕ. Техникăн кăткăс ыйтăвĕсене — дизель завочĕпе тата оборудовани туянассипе çыхăннă ыйтусене татса панă. Хальхи вăхăтра çав оборудование вырнаçтарса лартаççĕ ĕнтĕ.

**— Юлашки ыйту. «Шупашкар улăпĕ-90» програмăн тĕп уйрăмлăхĕ мĕнре?**

— Вуниккĕмĕш пилĕксуллăхăн юлашки çулĕнче машинăсем тăвакан отрасль умне уйрăмах ответлă задачăсем тухса тăраççĕ, вĕсене çулталăк планĕнче палăртса хунă. Пирĕн коллективăн тĕллевĕсем çакăн пек: трактор туса кăларассине 19 процент ӳстермелле, хамăрăн чи хăватлă — Т-500 трактора серипе туса кăларма хатĕрленмелле. Тата тепĕр цифра. Çĕнĕ çулта экспорт заказĕпе 200 трактор ăсатма шутлатпăр.

**— Чăннипех пысăк тĕллевсем. «Коммунизм ялавĕн» вулаканĕсен ячĕпе сирĕн пĕрлешӳ коллективне республика индустрийĕн флагманĕн ятне çӳлте тытма ырлăх-сывлăх сунатпăр.**

— Тавтапуç. 1990 çулта эпир хаçатпа тытакан çыхăну та çирĕплентĕр.

**А. НИКОЛАЕВ** калаçнă.

# Кубăри тĕлпулусем

ПАЛЛА çулçӳревçĕ Христофор Колумб Куба пирки çын ку таранччен курнă чи илемлĕ çĕр, тенĕ. Ку, чăнах та, çапла. Эпир, чăваш туристсем, ытарайми çĕршыв тăрăх икĕ эрне çӳресе, çакна хамăр куçпа курса ĕнентĕмĕр. Тем тĕрлĕ илемлĕ ландшафт, ырă та ăшă климат, çынсен савăнăçлă та кăмăллă характерĕ, унăн чаплă кĕввипе ташшисем пире чăннипех тыткăна илчĕç.

Хăватлă ИЛ-62 аэробус, виççĕр пассажир илсе, Мускавран Кубăна çул тытрĕ. Çулĕ сывăх мар. Вунпĕр пин километр. Аэробус, тĕпрен илсен, Атлантика океанĕ çийĕн вĕçрĕ, Ирландири тата Канадăри аэропортсенче пĕрер сехет ытларах чăрănса тăтăмăр. Тӳпере самолет вунпилĕк сехет ытла пулчĕ.

Республикăн тĕп хулинче — Гаванăра тăватă кун хушши пурăнтăмăр. Тĕнчери чи пысăк тинĕс порчĕ. 2,6 миллион çын пурăнать. Хула тăватçĕр çулта. Тăватă кун хушшинче ăçта кăна пулмарăмăр пулĕ. Пире хулари чи чаплă «Капри» гостиницăна вырнаçтарчĕç. «Интурист» представителĕ Наталия Незнамова малтанхи кунах хула историйĕпе, халăхăн йăли-йĕркипе паллаштарчĕ. Музейсене, паллă вырăнсене çитсе куртăмăр. Революци площадĕнче наци геройĕн Хосе Мартин 110 метр çӳллĕш палăкĕ умĕнче сăн ӳкерттертĕмĕр. Гаванăра чылай вăхăт Америка писателĕ Эрнест Хемингуэй пурăннă. Ун музейĕ пурне те кăмăла кайрĕ.

Гостиницăсенче те, хула урамĕсенче те, залив хĕрринче кăнна çĕрте те пирĕн туристсем патне кубинецсем пĕр вĕçĕм пыратчĕç. Тӳрех туйса илетĕн: совет çыннисене кăмăллаççĕ кунта, хисеплеççĕ, вĕсемпе ăшшăн калаçаççĕ, хăйсен килĕсене кĕрсе курма чĕнеççĕ. Ку ахальтен мар. Совет халăхĕ чи йывăр, чи кăткăс вăхăтра Куба халăхне туслăх аллине тăсса пана. Çак туслăх çулран-çул çирĕпленсе пырать. Пирĕн çĕршыв пулăшнипе Кубăра халăх хуçалăх объекчĕсем ултçĕр ытла тунă, çĕнетсе лайăхлатнă тата тăваççĕ. Çав шутран тăватçĕр объектне ĕçе яна. Совет Союзĕпе тунă предприятисенче çулленех çĕршер пин тонна хурçă шăратаççĕ, сахăр тростникĕ пухмалли ултçĕр комбайн, çĕр пин телевизор, виççĕр пин радиоприемник тата ытти япала нумай туса кăлараççĕ. Ирĕклĕх утравĕ çинче ялхуçалăх машинисем, сахăр тата пулă продукчĕсен промышленноçĕ валли оборудовани тума пуçлана. Электроника промышленноçĕ вăйлă аталанать.

Икĕ çĕршыв пĕр-пĕрне тавар нумай парса тăрать. Совет

ринчен илемлĕ, илĕртӳллĕ, Кариб тинĕс хĕррипе пыракан Кинта — Авенида проспектĕнче ют çĕршыв представительствисен çурчĕсем вырнаçнă. Совет посольствин çурчĕ — чи чаплисенчен пĕри. Посольствăра ĕçлекен Петр Васильев ун пирки интересленсе каласа пачĕ, посольство çуртне кăтартса çӳрерĕ, дипломатсен ĕçĕпе паллаштарчĕ. Хамăра тăван çĕр çинчи пекех туйрăмăр кунта.

Посольство çуртне СССР Художествăсен академийĕн действительнăй членĕ А. Рочегов ертсе пынипе тăватă çул каялла туса лартнă. Çурт çӳллĕшĕ — 89 метр. Унсăр пуçне, юнашар протоколсен залне тунă. Çур гектар çинче сал ĕрчет. Çуртри залсенчи панносемпе витражсем союзлă 15 республика пурнăçĕпе паллаштараççĕ. Çакăнтан ĕнтĕ пирĕн çĕршыв представителĕсем ытти çĕршывсен дипломачĕсемпе, Куба правительствипе çыхăну тытаççĕ.

«Эпир Кубăри туссене квалификаци енчен пысăк, ăста кадрсем хатĕрлеме те нумай пулăшатпăр», — тет Петр Юрьевич. Вăл пире çакăн пек цифрăсемпе фактсем илсе кăтартрĕ. Наука кандидачĕсемпе докторĕсен виççĕмĕш пайĕ хăйсен диссертацийĕсене Совет Союзĕнче хӳтелене. Хальхи вăхăтра пирĕн çĕршывра 8 пин кубинец вĕренет. Пирĕн патри аслă шкулсенчен вĕренсе тухнисем халĕ поликлиникăсенче, цехсемпе конструктор бюровĕсенче, шкулсемпе университетсенче, министерствăсемпе наука лабораторийĕсенче ĕçлеççĕ. Совет селекционерĕсем туссене сахăр тростникĕн, рисăн, пахчаçимĕçĕн тĕрлĕ çĕнĕ сорчĕсене туса кăларма пулăшаççĕ. Совет Союзĕн Инçет Хĕвелтухăçĕнче, Сукпайра «Кубалес» пĕрлешӳ тавăс ĕç пырать. Икĕ çул хушши ĕнтĕ çаканта Кубăран кайнă инженерсем, техниксем тата ытти тĕрлĕ специалистсем ĕçлеççĕ. Пурăнмалли çуртсем тата культурăпа йăла объекчĕсем ĕçе яна хыççăн предприятире 10 пин кубинец ĕçлеме пуçлать.

КУБА вĕренет, çуллен пиншер специалист хатĕрлет. Çакна эпир икĕ эрне хушшинчех аванах туйса илтĕмĕр. Совет Союзĕнче аслă шкулсем пĕтерне яшсемпе хĕрсене тĕл пултăмăр, хамăр пулнă хуласемпе провинцисенче пире шкулсемпе аслă вĕренӳ заведенийĕсене кăтартрĕç, вĕренӳ системипе паллаштарчĕç. Ватăр пĕр çул каялла зара... Батиста диктатор пуç пулнă вăхăтра, миллионшар çын хут пĕлмен. Ултçĕр пин ача шкула çӳремен, вунă пин учитель ĕç тупайман. Хале республикăра кашни виççĕмĕш çын шкулта е аслă вĕренӳ заведенийĕнче вĕренет. Революцичен халăха

директорĕ Марселино доктор кунта Мускавран темиçе хутчен те С. Федоров профессор килсе кайни çинчен каласа панă, ăна тата пĕтĕм совет халăхне Кубăри ĕççыннисем куç микрохирургийĕн центрне тума пулăшнăшăн чĕререн тав тунă çинчен пĕлтерне. Центр ĕçе кайнă хыççăн офтальмологи конвейерĕ çинче катарактăран, глаукомăран, куç çывăхран курнинчен тата ытти чирсенчен 8 пин çынна операци тунă. Куба специалисчĕсем пурте Мускавра С. Федоров профессор патĕнче вĕреннĕ.

Туссем Сергей Школьник Шупашкарти врачсен ĕçĕ çинчен каласа пание те тимлĕ итлене. Вăл МНТКан пирĕн хулари филиалĕнче тăвакан хăшпĕр çĕнĕ операцийĕсемпе паллаштарнă. Шупашкарсем хисеплĕ хăнасен кĕнекине ăшшăн çырса хăварнă, Кубăри туссене Шупашкара хăнана чĕннĕ.

Ленин... Çак ят Куба халăхĕшĕн çав тери хаклă пулнине аванах асăрхарăмăр эпир. Ирĕклĕх утравĕн кашни кĕтесĕнчех пролетарин аслă çулпуçне асра тытаççĕ. Шкулсемпе предприятисене, Ольгин хулинчи госпиталĕ, Кубăри атомлă пĕрремĕш электростанци тунă çĕрти строительсен коллективне ун ятне панă. Гаванăра эпир Ленин ячĕпе çыхăннă чылай вырăнсенче пултăмăр. Тĕп хулан Регла районĕнчи Ленин сăрчĕ катаранах курăнса выртать. Кунти рабочисем сăрта Ленин ятне вăл вилнĕ çул панă. Фидель Кастро Пинон утравĕ çинче тĕрмере ларнă чухне Владимир Ильич ĕçĕсене вуласа илея тĕлĕшĕнчен пиçĕхнĕ, Ленин идейисем кубинецсене кĕрешме, ĕçлеме хавхалантарнă. Гаванăра Ленин музейне уçнă. Тĕп хулари ĕççыннисем канма çӳрекен вырăн та Ленин ячĕпе хисепленсе тăрать. Ленин паркĕ 670 гектар йышăнать. Пирĕн туристсене парк питĕ килĕшрĕ. Ун территорийĕнче тăп-тăрă кӳлĕ, шыва кĕмелли бассейнсем, амфитеатр, лашапа ăмăртмалли стадион, тĕрлĕ аттракционсем пур. Йĕри-тавра ешĕл йывăççем, чечексем. Сывлăш уçă, таса. Испани чĕлхипе кĕвĕ янăрать. Тухас та килмест кунтан.

Паркри чи çӳллĕ вырăна хăпаратпăр. Владимир Ильич Ленин палăкĕ мăнаçлăн курăнса ларать. Ăна совет скульпторĕ Лев Кербельпа Куба архитекторĕ Антонио Кинтана проекчĕпе тунă. Палăкăн аял енне Фидель Кастро Ленина ... сĕнĕ çырса хунă. ... эпир вĕсе çулпуç палăкĕ умне чечек кăшăлĕсем хутăмăр.

Çĕршывăн пĕр вĕçĕнчен пуçласа тепĕр вĕçне çитсе куртăмăр Анабанилья, Санта-Клара, Гуама тата ытти хуласем тем пекех илемлĕ, исто-

1990 Пирĕн интервью

## Çемье телейĕ

**В. ФЕДОРОВ,** Шупашкарти çамрăксем валли пурăнмалли комплекс тăвакансен оргкомитечĕн председателĕ

1990 ÇУЛА эпир, çамрăксем пурăнмалли комплексне тăвакансем, çĕнĕ шухăш-ĕмĕтпе кĕтсе илтĕмĕр. Вăл пирĕншĕн ăнăçлă пуласса хытă шанатпăр.

Кăçал çамрăксен управленийĕн 1.296 ача вĕренмелли шкул, 330 вырăнлă ясли-сад, 120 хваттерлĕ çурт тата ытти объектсем туса пĕтермелле. Вĕсен никĕсĕсене пĕлтĕрех хывса хăварнă.

1989 çул МЖК тăвакансемшĕн мĕнпе паллăрса юлнă-ха? Çак кунсенче 225 хваттерлĕ çурта пурăнма кĕреççĕ. Тата 225 çамрăк çемье хваттер илет! Савăнăç мар-и çакă! Пĕр икĕленмесĕр ка-

# Çурт çĕкленет

ПУРНАÇАН хăйĕн йĕрки, хăйĕн екки. Шав малаллах антăлать. Уяв ыран тенĕ чухне те сӳрекленме памасть ĕçчен çынна. «Цивильский» совхозăн тĕп усадьбине пырса кĕнĕ чухне эпир ăçта пăхнă унта хĕрӳ ĕç вĕресе тăнине асăрхарăмăр. Асфальт сарнă çулпа фермăсем еннелле утă-улăм тиенĕ прицеплă тракторсем ирте-ирте каяççĕ. Хăватлă самосвалсем хăйăрпа вак чул турттараççĕ. Тырă кĕлечĕсем патĕнче те çын йышлă. Çураки валли вăрлăх хатĕрлеççĕ.

Çапах çак хĕрӳ ĕç шавĕнче те уяв туйăмне тӳрех асăрхатăн. Совхоз дирекцийĕн çурчĕ умĕнче, ака, Хĕл мучи ӳкерсе çырнă пысăк пĕлтерӳ çакăнса тăрать. Ял çыннисене Çĕнĕ çул ячĕпе ирттерекен бал-маскарада чĕнет вăл. Кунтах уяв касĕнче чи лайăх карнавал костюмĕсен конкурсĕ пуласси, бал-маскарада çамрăксен «Çăлкуç» ансамблĕ хутшăнасси çинчен хыпарлаççă.

училищинчен вĕренсе тухнă, музыкант. Надежда Елькинăпа Ольга Иванова воспитательсем вара Шупашкарти педагогика училищинче пĕлӳ илнĕ. Татьяна Романова воспитатель çак училищĕре заочно вĕренет.

Сад-ясли 90 ача йышăнма пултарать. Халлĕхе 50 ача кăна çӳрет-ха. Çуркунне еннелле, совхозра ĕçсем нумайлансан, йыш хушăнасса кĕтеççĕ воспитательсем.

Эпир пынă чухне ачасем Çĕнĕ çул ячĕпе ашшĕ-амăшĕ умĕнче концерт лартма хатĕрленетчĕç. Художество руководителĕ Татьяна Иванова пĕлтернĕ тăрăх, коллектив хăйĕн пĕрремĕш уявне чаплăн паллă тума ĕмĕтленет. Унсăр епле пултăр? Иртсе кайнă çулталăк вĕсене пысăк парне кӳнĕ-çке.

— Шел, уявчен пианино туянма ĕлкĕреймерĕмĕр. Таçта та çитрĕмĕр, ниçта та çук, — тет музыкант.

СОВХОЗ руководителĕсем рабочисемшĕн, уй-

лартса паратпăр, — тет Ольга Вениаминовна.

Егоровсен виçĕ ача. Иккĕшĕ — шкула, чи кĕçĕнни садике çӳрет.

Уяв тени вăл ĕçсем ăнса пырсан уйрăмах хаваслă. Ольга Вениаминовнăн вара ку енĕпе пăшăрханмалли çук. Иртсе кайнă çулталăкра вăл кашни ĕнерен 3.400 килограмм сĕт суса илнĕ.

— Хамшăн ку çапах та сахал пек туйăнать. Манпа пĕрле ĕçлекен Галина Ефремова, акă, 3.600, Раиса Иванова вара 4.300 килограмм сурĕç, — тет вăл.

ÇАПЛА, совхоз ĕçченĕсемшĕн 1989 çулта савăнмалли, хавхаланмалли пулман мар. Славаш ялĕнче, сăмахран, çĕнĕ çул умĕн пысăк магазин ĕçе кайнă. Çак яла çити 6 километр тăршшĕ çул хывнă. Вăл 1990 çулта ĕçе кĕмелле. Кунсăр пуçне, пĕлтĕр 400 пуç сысна усрамалăх вите, машина-трактор паркĕ, пахчаçимĕç

## Ылтăн алăсем

Пирĕн колхоз государствăна аш-какайпа сĕт сутмалли вуниккĕмĕш пилĕксуллăх планĕсене тăватă çултах пурнăçларĕ. 1989 çул планне аш-какайпа 150 процент, сĕтпе 125 процент тултартăмăр.

Çитĕнĕве çынсем, вĕсен ылтăн аллисем тăваççĕ. Е. Ястребова, Н. Сергеева, А. Антонова, З. Петькова дояркăсем, Н. Кузьмина, С. Кондрашкина, А. Ильина ĕне выльăх самăртакансем, А. Юманова, Н. Федорова пăру пăхакансем, Л. Игнатьева, В. Кузнецова, Л. Мамонтова, Е. Тимофеева сысна пăхакансем мĕн палăртнине пурнăçларĕç.

1990 çул пирĕншĕн çеç мар, пĕтĕм халăхшăн паллă пулĕ. Аслă Çĕнтерӳ 45 çул тултарнине, Чăваш Автономине туса хунăранпа 70 çул çитнине чаплăн уявлăпăр. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XXVIII съезчĕ пулать. Çак кунсенчен те маларах — республикăри та-

шухăш-ĕмĕтпе кĕтсе илтĕмĕр. Вăл пирĕншĕн ăнăçлă пуласса хыта шанатпăр.

Кăçал çамрăксен управленийĕн 1.296 ача вĕренмелли шкул, 330 вырăнлă ясли-сад, 120 хваттерлĕ çурт тата ытти объектсем туса пĕтермелле. Вĕсен никĕсĕсене пĕлтĕрех хывса хăварнă.

1989 çул МЖК тăвакансенсемшĕн мĕнпе палăрса юлчĕ-ха? Çак кунсенче 225 хваттерлĕ çурта пурăнма кĕреççĕ. Тата 225 çамрăк çемье хваттер илет! Савăнăç мар-и çакă? Пĕр иккĕленмесĕр калатăп: нумайăшĕшĕн — телей. Хăмаран çапкаласа тунă пĕчĕк пӳртсенче, çынсем патĕнче, общежитисенче нушаланса пурăннă çемьесемшĕн кунтан савăнăçли мĕн пултăр! Хваттер уççи алла илес тесе, ырми-канми ĕçлерĕç.

Çывăх вăхăтрах искусствăсен шкулĕнче 75 ача вĕренме пуçлать. Ку объект МЖК тăвакансемшĕн уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ. Мĕншĕн? Хăшпĕрисем пире: «Хăйсемшĕн çеç тăрăшаççĕ, ыттисем çинчен пачах шутламаççĕ», — тесе ӳпкелесçĕ. Çапла, çамрăксен управленийĕн тĕп тĕллевĕ вăл — МЖК тăвакансене тата çак ĕçе хутшăнакансене хваттерсемпе тивĕçтересси.

## Йăнăшас марччĕ

**Х. ГОРДЕЕВ,**
**Канаш районĕнчи Ямашри ĕçпе вăрçă ветеранĕ**

КИВĔ çула ăсатса, Çĕнĕ çула кĕтсе илнĕ самантра кашниех хăй иртнĕ çулталăкра тунă ырă ĕçсем тата малашлăх çинчен шутлатех пулĕ. Эпĕ те çавах ĕнтĕ. СССР Халăх депутачĕсен иккĕмĕш съезчĕ ĕçленĕ кунсем яланлăхах асăмра юлчĕç. СССР Министрсен Совечĕн Председателĕ Н. И. Рыжков туса панă докладпа тĕплĕн паллаштăрăм. Чăн та, ăна критиклекенсем те чылайăн пулчĕç. Хак панă чухне 419 депутат хирĕç пулнă. Ахăртнех, кашниех мĕн те пулин тивĕçтермен. Унччен çĕршывăн социаллă пурнăçĕпе экономикине аталантармалли çул-йĕрсене пĕр саслă пулса йышăнатчĕç. Халĕ вара чылайăшĕ тĕрлĕ шухăшлă пулни палăрчĕ.

Правительство çĕнĕ программăшĕн 1.532 депутат сасăланă. Ку ĕнтĕ ăна Съезд йышăннине пĕлтерет. Тен, тепĕр майлă та пулса тухатчĕ-и. Ман шутпа вара программăна пурнăçлас тĕлĕшпе ĕçлеме вăхăт памалла. Ан тив, çулталăк — çулталăк çурă иртТĕр. Кайран курăнĕ унта. Ырă улшăнусем пур-и, çук-и? Мĕн палăртнине пурнăçламасан, ыйтăва çивĕчрех лартмалла.

...лечĕсем патĕнче те çын йышлă. Çураки валли варлăх хатĕрлеççĕ.

Çапах çак хĕрӳ ĕç шавĕнче те уяв туйăмне тӳрех асăрхатăп. Совхоз дирекцийĕн çурчĕ умĕнче, акă, хĕл мучи ӳкерсе ... пысăк пĕлтерӳ çакăнса тăрать. Ял çыннисене Çĕнĕ çул ячĕпе ирттерекен бал-маскарада чĕнет вăл. Кунтах уяв касенче чи лайăх карнавал костюмĕсен концерчĕ пуласси, бал-маскарада çамрăксен «Çăлкуç» ансамблĕ хутшăнасси çинчен хыпарланă.

— Ик-виçĕ çул каялла килнĕ пулсан, эсир кун пек пĕлтерӳ курайман та пулăттăр, — кăмăллăн калаçать пиренпе хуçалăхри партком секретарĕ Римма Абрамовна Трофимова. — Юлашки вăхăтра çамрăксем яла юлма тытăнчĕç.

Хăйсен шухăшне çирĕплетес тесе-ши, секретарь пире дирекци çуртĕнчен инçех мар ларакан ача садне çитсе курма сĕнет;

— Тин çеç ĕçе ятăмăр. Çамрăк çемьесемпе вĕсен ачисем валли Çĕнĕ çул ячĕпе парне пултăр, терĕмĕр.

Кирпĕчрен купаланă икĕ хутлă çурт хулари сад-яслисенчен нимĕнпе те кая мар. Вăйăсемпе занятисем ирттермелли, çывăрмалли пӳлĕмсем çутă та таса. Урайне пур çĕрте те кавир сарнă. Кунтах музыка залĕ, хывăнмалли-тăхăнмалли пӳлĕмсем. Ачасемпе ятарласа пĕлӳ илнĕ воспитательсем ĕçлесçĕ. Татьяна Иванова, акă, Çĕрпӳри культурăпа çутĕç...

Çĕнĕ çул ячĕпе ашшĕ-амăшĕ умĕнче концерт лартма хатĕрленетчĕç. Художество руководителĕ Татьяна Иванова пелтерĕ тăрăх, коллектив хăйĕн пĕррремĕш уявне чаплăн паллă тума ĕмĕтленет. Ун ... пултăр? Иртсе кайнă çулталăк вĕсене пысăк парне кӳнĕ-çке.

— Шел, уявччен пианино туянма ĕлкĕрейменрĕмĕр. Таçта та çитрĕмĕр, ниçта та çук, — тет музыкант.

СОВХОЗ руководителĕсем рабочисемшĕн, уйрăмах çамрăксемшĕн тăрăшнине кашни утăмра тенĕ пекех куратăн. Юлашки ик-виçĕ çул хушшинче тĕп усадьбăра, Мăнçут ялĕнче, тимĕр-бетон блоксенчен купаланă çĕнĕ çуртсен кварталĕ ӳссе ларнă. Вĕсене пĕтĕмпех совхоз укçи-тенкипе тунă. Кунта специалистсем, механизаторсем, ферма ĕçченĕсем пурăнаççĕ. Римма Абрамовна пире сав çуртсене кĕрсе курма сĕнет.

Виçĕ пӳлĕмлĕ хăтлă çуртсенчен пĕринче Егоровсен çемйи пурăнать. Владимир Егоров — Çĕрпӳри пир-авăр фабрикинче, мăшăрĕ Ольга совхоз фермиче ĕçлеççĕ.

Темиçе çул каялла кăна мăшăрланнă пулин те, вĕсем тулăх пурнăçпа пурăннине куратăн. Пӳлĕмре илемлĕ сăн кӳрекен сĕтел-пукан, холодильник, телевизор, кавир пур. Зал варринче хĕмленсе ларакан елка вара Егоровсен çемйи Çĕнĕ çула хавас кăмăл-туйăмпа кĕтсе илни çинчен калать.

— Ачасене кашни çулах

...перле ĕçлекен Галина Ефремова, акă, 3.600, Раиса Иванова вара 4.300 килограмм суреç, — тет вăл.

ÇАПЛА, совхоз ĕçченĕсемшĕн 1989 çулта савăнмалли, хавхаланмалли пулмаи мар. Славаш ялĕнче, самахран, Çĕнĕ çул умĕн пысăк магазин ĕçе кайнă. Çак яла çити 6 километр тăршшĕ çул хывнă. Вăл 1990 çулта ĕçе кĕмелле. Кунсăр пуçне, пĕлтĕр 400 пуç сысна усрамалăх вите, машина-трактор паркĕ, пахчаçимĕç хранилищи тата ытти объектсем тунă.

Халиччен мĕн туни пурнăçлани çырлахтармасть совхоз руководителĕсене. Çамрăксен ыйтăвне пур енĕпе те тивĕçтерекен культура центрĕ пулманни канăçсăрлантарать. Çавăнпах ĕнтĕ кăçал тĕп усадьбăра Культура çурчĕ лартма палăртнă.

Ку шанăç кӳрекенни, кăмăла çĕклекенни, тейĕпĕр. Анчах уяв туйăмĕпе пĕрлех пăшăрханмалли те тупăнать ял çыннисен. Совхозăн тĕп усадьбинчи магазинта пулма тӳр килчĕ. Çĕнĕ çул кĕреки валли апат-çимĕç продукчĕсем туянма кунта çынсем сахал мар пынăччĕ. С. Яковлева сутуçă пĕлтерни тăрăх, уяв тĕлне кăлпасси, панулми, пĕремĕк-печени чылаях кӳрсе килнĕ. Анчах канфет çук.

Апла пулин те, шанăçа сухатмаççĕ ял çыннисем. Çĕнĕ çулта ку енĕпе те ĕçсем лайăхланасса шанаççĕ.

**И. ЯКОВЛЕВ.**
Çĕрпӳ районĕ.



Патăрьелĕнчи апат-çимĕç комбинатĕнче чылай çул ĕçлесе пысăк хисепе тивĕçнĕ çынсем сахал мар. Акă, сăмахран, Г. Курякова, С. Айзатуллова тата А. Макарова. Виççĕшĕ те пултаруллă, маттур.

Вĕсен кулленхи тĕп ĕçĕ: икерчĕ çăнăхĕ, кисель тутлă шыв, «Автан» карамель хатĕрлесси. Сменăри нормăна 105—110 процент тултараççĕ ĕçчен хĕрарăмсем.

Ӳкерчĕк çинче: Г. Курякова, С. Айзатуллова, А. Макарова.

Н. Волков фотоӳкерчĕкĕ.

...Юманова, Н. Федорова пăру пăхакансем, Л. Игнатьева, Г. Кузнецова, Л. Мамонтова, Е. Тимофеева сысна пăхакансем мĕн палăртнине пурнăçларĕç.

1990 çул пирĕншĕн çеç мар, пĕтĕм халăхшăн паллă пулĕ. Асла Çентерӳ 45 çул тултарнине, Чăваш Автономине туса хунăранпа 70 çул çитнине чаплăн уявлăпăр. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XXVIII съезчĕ пулать. Çак кунсенчен те маларах — республикăри тата вырăнти Советсен суйлавĕ. Пирĕн коллектив суйлав кунĕ тĕлне государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлесе памалли пĕрремĕш кварталти, Çĕнтерӳ кунĕ тĕлне — пĕрремĕш çур çулхи, КПСС XXVIII съезчĕ уçăлнă куна 1990 çулхи плансене пурнăçлама тĕллев лартрĕ.

**Г. ЕЛИСЕЕВ,**
**Шăмăршă районĕнчи Киров ячĕпе хисепленекен колхозăн главнăй зоотехникĕ.**

# Кирлĕ ĕç

Юлашки вăхăтра нумай çĕрте пыл туса илесси çине тимлĕрех пăха пуçларĕç.

Çĕмĕрле районĕнчи «Сура» агропромышленность комплексне кĕрекен хуçалăхсенче пуринче те, Чапаев ячĕпе хисепленекен колхозсăр пуçне, утар пур. Пĕлтĕр çавăн пекех «Шумерлинская» чăх-чĕп фабрики те пыл хурчĕсем усрама тытăнчĕ. Хуçалăхсенче, пĕтĕмешле илсен, 1070 хурт çемйи шутланать.

«Комбинат» совхозсăр пуçне, государствăна пыл сутас енĕпе пур хуçалăх та пилĕкçуллăхăн тавата çул планне тултарнă. «Алгашинский» совхоз ĕçченĕсем заданирен ирттерсе 2260 килограмм ытларах пыл сутнă, çака вал планăн 150 процентпе танлашать. Çавăн пекех пыл сутас енĕпе «Вперед», Ленин ячĕпе хисепленекен колхозсем, «Шумерлинский» совхоз малта.

«Комбинат» совхозри утарçăсем кашни çемьерен 1,8 килограмм кăна пыл илнĕ. Тĕп сăлтав — хуçалăх руководителĕсемпе специалисчĕсем ĕç çинчен пачах манни. Утарсенче ĕçлекенсем валли условисем çук. Пыл хурчĕсене хĕл каçармалли çуртсемпе ытти çурт-йĕрсене вуншар çул каяллах тунă, вĕсем кивелнĕ.

Районти утарсем ытларах вăрмансенче вырнаçнă. Хуртсем пыл çăкасем çинчен пухаççĕ. Анчах çав йывăçа пур çĕрте те касса пĕтерме пуçларĕç.

Хурт-хăмăр ĕрчетесси — питĕ кирлĕ ĕç.

**Г. АЛЕКСАНДРОВ.**
Çĕмĕрле районĕ.

...ĕçе янă. Совет Союзĕпе тунă предприятисенче çуллен ... çĕршер пин тонна хурçа шăратаççĕ, сахăр тростникĕ пухмалли ултçĕр комбайн, çĕр пин телевизор, виççĕр пин радиоприемник тата ытти япала нумай туса кăлараççĕ. Ирĕклĕх утравĕ çинче ялхуçалăх машинисем, сахăр тата пулă продукчĕсен промышленноçĕ валли оборудовани тума пуçланă. Электроника промышленноçĕ вăйлă аталанать.

Икĕ çĕршыв пĕр-пĕрне тавар нумай парса тăраççĕ. Совет Союзĕнчен Кубăна çичçĕре яхăн тĕрлĕ тавар пырать. Куба пире сахăрпа нумай тивĕçтерет. Пирĕн çĕршыва цитрус çимĕçĕсем, хура тата тĕслĕ металлурги предприятийĕсем валли никель килет.

НАНСИ Вальс гид пĕр эрне хушши пиренпе пĕрле пулчĕ. Вырăсла аван калаçать. Гаванăра курса çӳренĕ чухне вăл пире «Антильяна де алеро» завод çумĕпе илсе кайрĕ. Предприяти шăпи пирки хумханса та хавхаланса каласа пачĕ. Кубăран тухса тарас умĕн Америка инженерĕсем предприятие пĕтĕмпех аркатнă. Революци хыççăн тӳрех кунта икĕ совет инженерĕ, унтан специалистсен ушкăнĕ килсе çитнĕ. Океанпа пирĕн çĕршывран оборудовани, запас пайсем, юсав материалĕсем турттарса пынă. Вăй-хала шеллемесĕр, çĕрĕн-кунĕн ĕçленĕ. Куба çыннисемпе пирĕн специалистсен киве кăмакасем çывăхĕнчех çывăрма тивнĕ. Металлурги заводне питĕ хăвăрт ĕçе кĕртнĕ.

Нанси Вальс гид ашшĕ çак предприятире ĕçлет-мĕн. «Завода ĕçе янă кун мана та, пĕчĕкскере, хăйĕнпе пĕрле илсе кайрĕ, — аса илчĕ гид. — Çур хула пухăнчĕ, тейĕн. Хурçа шăратакан кăмакасене ĕçе ячĕç. Малтанхи продукци тухрĕ. Çак ятпа митинг пулса иртрĕ. Çав кун чăн-чăн пысăк уяв пулчĕ».

Предприяти халĕ çулталăкра таватçĕр пин тонна хурçă шăратать. Пахалăхĕ лайăх. Перре виççĕмĕш пайне чикĕлеш енчи çĕршывсем туянаççĕ.

Гавана урамĕсемпе кунĕ-кунĕпе çӳресен те ывăннине туймастăн. Таса, тропик йывăççисемпе пуян ем-ешĕл урамсем. Аçта пăхан унта — чечек! Мĕнли кăна çук пулĕ. Архитектура енчен пуян ку чухнехи çуллĕ çуртсем хулана татах илем кӳреççĕ. Пĕр пек мар вĕсем, тĕрлĕ евĕр. Пĕри теп-...

...çакна эпир икĕ эрне хушшинчех аванах туйса илтĕмĕр. Совет Союзĕнче аслă шкулсем пĕтерние яшсемпе хĕрсене тĕл пултăмăр, хамăр пулна хуласемпе провинцисенче пире шкулсемпе аслă вĕренӳ заведенийĕсене кăтартрĕç, вĕренӳ системипе паллаштарчĕç. ... Батиста диктатор пуç пулнă вăхатра, миллионшар çын хут пелмен. Ултçĕр пин ача шкула çӳремен, вуна пин учитель ĕç тупайман. Халĕ республикăра кашни виççĕмĕш çын шкулта е аслă вĕренӳ заведенийĕнче вĕренет. Революциччен халăха вĕрентес ĕçе 80 миллион песо çеç кайнă пулсан, хальхи вăхăтра çак цифра пĕр миллиард песоран иртет. 35 аслă шкулта виççĕр пин яшпа хĕр пĕлӳ пухать. Ку вăл вуна миллионлă халăхшăн сахал мар.

Кубăра культура хăвăрт аталанать. Сывлăха сыхлас ĕçе пысăка хурса хаклаççĕ. Çĕршывра çĕнĕ больницăсемпе поликлиникăсем, наука тĕпчев центрĕсем ӳссе ларнă. Кубăра чирлĕ çын чĕрине урах çын чĕрипе улаштарса лартасси анлăн саралнă. Неврологипе нейрохирурги институчĕн директорĕн заместителĕ Ильдя Морехон тенчери виççĕмĕш нейрохирург пулса тăнă: паркинсонизм чирĕнчен пуç миминe ăнăçлă операци тунă. Сывлăха сыхлас ĕç министерстви СПИДпа кĕрешмелли программăна пурнăçа кĕртсе пырать.

Турист ушкăнĕнче медицинăра ĕçлекенсем çиччĕнче. Виççĕше — Шупашкарти куç микрохирургийĕн больницинчен. Сергей Школьник врач Шупашкартан тухсанах канăç памарĕ: «Гаванăра пĕлтĕр Федоров профессор куç микрохирургийĕн центрне уçнă. Çитсе курасчĕ унта, медиксемпе, вĕсен ĕçĕ-хĕлĕпе паллашасчĕ». Программăра унта пулмаллине палăртманччĕ пулин те, епле хирĕçлен-ха? Гаванăна çитсен, «Интурист» представителĕпе, гидпа калаçса татăлтăмăр, куç микрохирургийĕн центрне шăнкăравларăмăр. Ирхине эпир пуранакан гостиницăна автобус ярса пачĕç. Сергей Школьник, Римма Казаковăпа Ангелина Николаева медсестрасем çур кун хушши Кубăри коллегăсем патĕнче пулчĕç.

Каçхине вĕсене ушкăнри ытти туристсем хупăрласа илчĕç, мĕн курни-илтнине каласа пама ыйтрĕç. Пирĕн туристсене Гаванăри медицина работникĕсем питĕ ăшшăн кĕтсе илнĕ, чейпе хăналанă. Центр

...не кене янăрать. Тухас та килмест кунтан.

Паркри чи çӳлĕ вырăна хăпаратпăр. Владимир Ильич Ленин палăкĕ мăнаçлăн курăнса ларать. Ăна совет скульпторĕ Лев Кербельпа Куба архитекторĕ Антонио Кинтана проектпе тунă. Палăкăн аякĕнче Фидель Кастро Ленина ... сене çырса хунă. Эпир аслă çулпуç палăкĕ умне чечек кăшăлĕсем хутăмăр.

Çĕршывăн пĕр вĕçĕнчен пуçласа тепĕр вĕçне çитсе куртăмăр Анабаниълья, Санта-Клара, Гуама тата ытти хуласем тем пекех илемлĕ, историллĕ паллă вырăнсемпе пуян. Туристсем крокодил питомникĕнче чылайччен çӳрерĕç. 25 пин крокодил кунта. Тирĕнчен паха сумкăсем çĕлесе ют çĕршывсене хаклă хакпа сутма ăсатаççĕ. Туристсене питомникри ресторанта крокодил ашĕпе хăналарĕç. Сысна ашĕ евĕр вăл: пĕр сий аш, тепĕр сий — çу. Çав тери тутлă.

ВАРАДЕРАРА, Атлантика океанĕн Флорида проливĕ хĕрринче (кунта Андриян Николаев космонавт канна) туристсем пĕр эрне шыва кĕчĕç, хĕртенчĕç, утрав çине кайса килчĕç, çĕр хăвăлĕсене çитсе курчĕç, кабаресенче тĕленмелле лайăх концертсенче пулчĕç, тĕрлĕ экскурсисене çӳрерĕç. Апачĕ те тĕрлерен, тутлă пĕçереççĕ. Кичем те мар. Энрикэ Пирэс культмассовик вырăсла калаçать Бакура, Мускавра вĕреннĕ. Куллен темĕнле мероприяти те ирттерет, тунсăхлама памасть. Пэдро Полинарио Ленинградри физкультура институтне пĕтернĕ. Пирĕн туристсене мĕнле кăна ăмăртăва хутшăнтармарĕ пулĕ. Геннадий Илларионов врач-рентгенолог, пилĕк ушкăнри ăмăртăва хутшăнса, теннисла выляса чемпион ятне çĕнсе илчĕ. Шывра пшессипе промышленноçть тракторĕсен заводĕнчи Вячеслав Черышов мала тухрĕ. Экскурсисене Пенза хĕрĕ Людмила Кочнева йĕркелет. Мускавра вĕреннĕ кубинеца качча тухнă та темиçе çул хушши ĕнтĕ кунта пурăнать. Ачи пур. Сăмах май каласан, Варадерăра вырăс хĕрĕсем нумай качча тухнă. Аван пурăнаççĕ.

Икĕ эрне хăвăрт иртсе кайрĕ. Асран каймй тĕлпулусем темĕн чухлех. Ирĕклĕх утравĕ çинче пире, совет туристсене, çав тери ăшшăн кĕтсе илчĕç.

**Алексей КРЫСИН.**
**ГАВАНА — ШУПАШКАР.**

# ХАПĂЛ ТУСА ЙЫШĂНЧĔÇ

Çулталăк каярах пирĕн республикăри Парачкав районĕпе Мордва АССРĕн Ардатово районĕ хушшинче экономика, культура тĕлĕшĕнчен тата ытти енĕпе килĕштерсе ĕçлесси çинчен договор турĕç. Çак кунсенче парачкавсен делегацийĕ Ардатово хулинчи хăйсен кӳршисемпе тĕл пулчĕ. Виçĕçĕр çын ытла пулчĕ делегаци йышĕнче: ĕç коллективĕсен представителĕсем, спортсменсем, художество пултарулăх артисчĕсем, шкул ачисем. Делегацие парти райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ В. И Вязов ертсе пычĕ.

Пĕтĕм чун-чĕререн, ăшшăн кĕтсе илчĕç парачкавсене мордва-туссем. Вĕсене партин Ардатово райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ В. А. Елизаров саламларĕ. Ĕçлĕн те савăнăçлăн иртрĕ тĕлпулу.

Мордва çĕрĕ çинче ирттернĕ тĕлпулусене КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ Д. Ф. Семенов тата КПСС Мордва обкомĕн секретарĕ П. Д. Грузков хутшăнчĕç.

**В. ИНЮШКИН.**

Пирӗн 1990 интервью

## Аслӑ куна кӗтетӗп

Ф. КВАСОВ,
Вӑрнар районӗнчи Вӑрнар посёлокӗнчи ӗҫпе вӑрҫӑ ветеранӗ

СОВЕТ халӑхӗ Аслӑ Отечественнӑй вӑрҫӑра нимӗҫ фашисчӗсене ҫӗнтернӗренпе кӑҫал 45 ҫул ҫитет. Ку уява лайӑх хатӗрленсе, ырлӑх-сывлӑхлӑ пурӑнса кӗтсе илесчӗ тетӗп. Нумай-нумай вӑрҫӑ ветеранӗ ҫапла шутларӗ пулӗ ҫак кунсенче.

Ытла йывӑррӑн килчӗ-ҫке 1418 кун кӗтнӗ Ҫӗнтерӳ. Ирсӗр тӑшманпа ҫапӑҫса, миллионшар совет салтакӗ пуҫ хучӗ. Ячӗсем пирӗн халӑх историне ылтӑн саспаллисемпе ҫырӑнса кӗчӗҫ.

Тем те тӳссе ирттерме тиврӗ. Мӗнле чӗрӗ юлтӑм-ши? Нимпе те тӑна илейместӗп. Мускава хӳтӗленӗ ҫӗре хутшӑнтӑм. Манпа пӗрле К. А. Арсентьев, А. Т. Зайков, Н. Я. Яковлев, В. С. Сергеев, Т. П. Прокопьев, А. В. Васильев тата ытти ентешсем ҫапӑҫрӗҫ. Чылайӑшӗ паттӑрсен вилӗмӗпе пуҫ хучӗ, аманса госпитальсене лекрӗ. Эпӗ те чутах урасӑр юлаттӑм.

Офицерсем хатӗрлекен курсран вӗренсе тухнӑ хыҫҫӑн, Сталинград патӗнче, иккӗмӗш хут вилӗмпе тӗл пултӑм. Мамай сӑрчӗ ҫинче икӗ уйӑх хаяр ҫапӑҫусем пычӗҫ. Ман взводра ытларах узбексем, казахсем, пушкӑртсем тата удмуртсемччӗ. Вӗсен паттӑрлӑхӗ халӗ те тӗлӗнтерет мана. Пӗр ҫапӑҫура хытӑ амантӑм. Сываласса шанманччӗ. Пурпӗр ура ҫине тӑтӑм. Каллех — ҫапӑҫӑва.

Ман пеккисем миллионшарӑн пулнӑ. Хӑйсен пурнӑҫӗ пирки шутламан. Тӑван ҫӗршыва тӑшманран мӗнле те пулин тасатас, тенӗ.

Шел те, хальхи вӑхӑтра хӑшпӗрисем совет халӑхӗн вӑрҫӑ вӑхӑтӗнчи паттӑрла ӗҫӗ пирки юриех пӗлми пулаҫҫӗ. Кунтан та ытларах — унӑн пӗлтерӗшне чакарма хӑтланаҫҫӗ. Салтаксем мӗншӗн ҫапӑҫнине те пӗлмен имӗш. Тӗрӗс мар ку! Пире, вӑрҫӑ ветеранӗсене, ку кӑна мар, ҫамрӑксене тивӗҫлӗ вопитани парас ӗҫре аслӑрах ӑрусен пурнӑҫ опычӗпе усӑ курмани хытӑ шутлаттарать.

## Ҫын ӗмӗтпе пурӑнать

Елена ДМИТРИЕВА,
И. Н. Ульянов ячӗпе хисепленекен Чӑваш государство университечӗн студентки

АКА, тата тепӗр ҫул иртсе кайрӗ. Пӗтӗмлетӳ тума вӑхӑт. Студентсен пурнӑҫӗнче мӗн ҫӗнни пулчӗ-ха 1989 ҫулта?

Анатолий АФАНАСЬЕВ

### Парне

Паян Ҫӗн ҫул. Мӗнле парне тытса
Эп тӑрӑп сан ҫумна, аннеҫӗм!
Тав тӑвӑп чӗререн, пуҫа тайса,
Нихҫан манми, сӳнми телейӗм.
Паян Ҫӗн ҫул. Мӗнле парне илсе
Пырас-ха сан патна, тӑванӑм!
Хуткупӑспа халал ҫемӗлесе,
Ялйышӑма тӑвам-и кӑмӑл!

Паян Ҫӗн ҫул. Мӗнле парне сӗнсе
Чыслам сана, Тӑван ҫӗршывӑм!
Сӑмахсенчен ука-кавир тӗртсе,
Уру умне сарас тесеттӗм.
Ҫав парнене ҫынсем сума сусан,
Эп пулӑттӑм питех телейлӗ.
Йӑмра ҫинче хӗвел шевли ҫиҫсен,
Юр пӗрчисем епле илемлӗ.

# Январьти экран

ЮЛАШКИ вӑхӑтра кинематограф пысӑк юрату темине питех хускатсах кайманччӗ. Роман Балаян режиссерӑн **«Леди Макбет Мценского уезда»** ӗҫӗ ку тӗлӗшпе пуян материал парать. Вӑл эteme хӑрушла, ӑссӑрла ӗҫсем тутарма пултаракан вӑйлӑ юрату ҫинчен каласа парать. Экран ҫинче эпир Катерина Измайлова купца арӑмӗн хӗрӳ туйӑмӗсене куратпӑр. Тӗп рольсене паллӑ актерсем — Наталья Андрейченкӑпа Александр Абдулов выляҫҫӗ.

**«Жизнь по лимиту»** пирӗн пурнӑҫа кӑтартакан чи тӗксӗм фильмсенчен пӗри. Унти ӗҫсем Мускавра Олимп вӑййисене ирттернӗ вӑхӑтра пулса иртеҫҫӗ. Вӑйӑсене хатӗрленнӗ чухне хӑшпӗр япӑх ҫуртсене ишнӗ. Ҫавнашкал ҫуртсенчен пӗринче хӑйне евӗр ушкӑн пуҫтарӑннӑ. Вӗсем ниҫта та ӗҫлемеҫҫӗ, яланхи пурӑнмалли вырӑнӗ те ҫук вӗсен: ӗнерхи шкул ачи, института кӗреймен скер; унччен боксер пулнӑ, халь ӗҫке ернӗ ҫын; университет пӗтернӗ, анчах вут хутса пурӑнакан диссидент; «ҫӑмӑл» кӑмӑл-туйӑмлӑ хӗрача. Вӗсем коммунӑри пек пурӑнаҫҫӗ, укҫа-тенкӗ тӗлӗшӗнчен аран-аран саплашӑнкалаҫҫӗ. Фильм тӗрлӗрен ыйту лартать. Вӗсенчен пӗри ҫакнашкал: енчен те хальхи вӑхӑтра «тӗпӗнче» пурӑнакан ҫынсем те пур пулсан, обществӑра веҫех йӗркеллӗ-ши? Тӗп рольсене Марина Зудина тата Олег Меньшиков выляҫҫӗ.

Сергей Калединӑн **«Смиренное кладбище»** повеҫӗ самаях шӑв-шав кӑларнӑччӗ. Ун тӑрӑх халь фильм ӳкернӗ. Тӗп рольсенче: Владимир Гостюхин, Лев Дуров, Нина Русланова, Ольга Матешко, Виктор Авилов.

Мӗнле пурӑнатпӑр эпир? Чун-чӗре умӗнче таса-и? Ҫак ыйтусене хускатать **«Нечистая сила»** фильм. Ку вӑл—юмах. Анчах аслисем валли.

ЯНВАРЬ пуҫламӑшӗнче хаваслӑ фильмсем те тухаҫҫӗ. Акӑ, **«Полет навигатора»**. Ӑна Норвегипе США кинематографисчӗсем ӳкернӗ. Вуникӗ ҫулхи ача уҫӑлса ҫӳренӗ хыҫҫӑн килне килес умӗн ӑнсӑртран ҫырма-ҫатраллӑ вырӑна лекет. Анчах килӗнче мӗн курать-ха вӑл? Ашшӗ-амӑшӗ ватӑлса ларнӑ иккен, шӑллӗ 8 ҫул аслӑрах. Дэвид тӑнне ҫухатса килне таврӑннӑ ҫӗре 8 ҫул иртнӗ-мӗн. Арҫын ача, хӑй сисмесӗрех, пӗр аякри планета ҫине лекнӗ иккен. Унта ӑна... НЛО илсе кайнӑ. Фильмра НЛО вӗҫевне те ӑста ӳкерсе илнӗ, кино куракансем хӑйсене вӗҫнӗ евӗр туйса илме пултараҫҫӗ, вӗҫекен турилкке ӑшне кӗрсе курма та май пур.

Ҫӗнӗ ҫул пире хӑйне евӗр парне сӗнет. Часах республикӑра чикӗ леш енчи питӗ паллӑ Серджо Леоне режиссерӑн **«Однажды в Америке»** фильмне кӑтартма пуҫлаҫҫӗ. Шел те, ҫак режиссера Совет Союзӗнче пӗлмеҫҫӗпе пӗрех. Серджо Леоне приключениллӗ картинӑсем ӳкерме юратать. «Однажды в Америке» фильмра США суперҫӑлтӑрӗсем — Роберт де Ниро, Элизабет Макговерн, Джемс Вуде выляҫҫӗ.

**«Деревенька моя центральная»** — кулӑшла фильм. Ӑна юратакансен кӑмӑл-туйӑмне ҫӗклӗ вӑл. Поэзие килӗштерекен ялти врач, качча кайман учительницӑна юратса пӑрахнӑ шкул ачи, кӗвӗҫ мӑшӑрне юри ҫӗтӗлтерме кӑмӑллакан илемлӗ хӗрарӑм — ҫак сӑнарсем уйрӑмах палӑрса тӑраҫҫӗ фильмра. Ӑна Чехословакире ӳкернӗ.

КИНОВИДЕОПӖРЛЕШӲ.

# Ёлка ӑҫта ҫуралнӑ?

Астӑватӑр-и Ҫӗнӗ ҫул каҫӗнче юрлакан юрра? Унта пурне те ӑнланмалла: «Вӑрманта ҫуралнӑ ёлка».

Йӑлтах тӗрӗс — тавлашма кирлӗ мар, паллах, синтетика ёлкине шута илмесен. Ҫапах та, ӑҫта ҫуралнӑ-ши вӑл Ҫӗнӗ ҫул ёлки? Чаплӑран та чаплӑ Ҫӗнӗ ҫул уявне ёлка умӗнче кӗтсе илес йӑла пирӗн пата ӑҫтан килнӗ-ши? Унсӑр пуҫне тата Ҫӗнӗ ҫул уявӗ хӑй хӑҫан пуҫланса кайнӑ-ши? Юрлӑ Хӗл Мучи ӑҫтан килнӗ-ха тата?

Вӗсенчен пуҫлар. Аваcемшӗн те, ҫитӗннисемшӗн те ҫак кун тӗп герой пулса тӑнӑ Хӗл Мучирен. Тӗрлӗ ҫӗршывра тӗрлӗрен чӗнеҫҫӗ ӑна: Америкӑра — Санта Клаус, Францире — Пер-Ноэль, Финляндире — Юлупук, Якутире — Чисхан... Анчах ӗҫӗ кунта ятӗнче мар, вӑл ӑҫта ҫуралнинче. Ача-пӑчан чи юратнӑ геройӗ — ырӑ кӑмӑллӑ, пар[…] ятлӑ хулара Николас епископ пурӑннӑ. Ачасене вӑл чунтан юратнӑ, пӗрехмай вӗсене парнесемпе савӑнтарнӑ. Ҫапла ҫуралнӑ та Санта Клаус, Пер-Ноэль тата Хӗл Мучи ҫинчен калакан юмах. Ҫапла вара ахаль ҫынах ҫынсене, ачасене чун-чӗререн юратнипе хӑйӗн ятне ӗмӗр-ӗмӗр вилӗмсӗр туса хунӑ.

**Ёлка вара? Ем-ешӗл, ырӑ шӑршӑллӑ, кӑпӑшка та чиперкке чӑрӑш мӗн авалтанпах хӑйне уйрӑм йывӑҫ шутланнӑ:** ӗмӗрхи пурнӑҫ, паттӑрлӑх, хӑюлӑх символӗ пулнӑ — мӗншӗн тесен, вӑл шӑрӑхра ҫеҫ мар, шартлама сивӗре те ешерет вӗт! Чӑрӑша хисеплес йӑла авалхи германецсен уйрӑмах ҫирӗп пулнӑ. Ҫак йывӑҫра мӗнпур ӳсентӑрана хӳтӗлекен, тискер чӗрчунсемпе вӗсен кайӑксене сыхлакан асамлӑ вӑй пур [...] вӑнаҫлӑн Ҫӗнӗ ҫул ячӗпе саламламалла пулнӑ. Ҫак куп Мускавра тупӑсенчен пенӗ, сӑмала пичкисем ҫунтарнӑ, фейерверк тунӑ.

ҪӖНӖ ҫул ячӗпе саламланипе ҫӗнӗ телей суннинчен ырӑраххи, чуна ҫемҫетекенни тата мӗн пултӑр! Юлий Цезарь, авӑ, Ҫӗнӗ ҫул каҫхине хӑйне «Ҫӗнӗ ҫулта кивӗ ҫулхинчен ытларах пурӑнма ырӑ сунвӑ» чурана ирӗклӗх парнеленӗ, теҫҫӗ. «Ку вӑл этемлӗх пурӑнма пуҫланӑранпа телей суннӑ чи кӑсӑк тӗслӗх!» — пӗлтерне тет саванна Цезарь.

Ҫӗнӗ ҫула ҫӗр ҫинче чи малтан Фиджи утравӗсем ҫинче пурӑнакансем кӗтсе илеҫҫӗ. Ун хыҫҫӑн японсем саламлаҫҫӗ Ҫӗнӗ ҫул хевелне.

ПИРЕН пата та килсе ҫитрӗ Ҫӗнӗ ҫул. Савӑнӑҫлӑ, хаваслӑ пирӗн ҫуртсенче. Елка ҫинчи теттесем уяв ҫутине сапалаҫҫӗ.



Телей сунатпӑр! Б. Иванов фотоӳкерчӗкӗ.

# Чупма юратакансен уявӗ

## Ҫӗнӗ ҫул умӗнхи калаҫу

**Юлашки вӑхӑтра** Шупашкарта, Ҫӗнӗ Шупашкарта, Канашра, район центрӗсенче чылайӑшӗнче чупма юратакансем йышланчӗҫ. Вӗсен хӑйсен клубӗсем те пур.

Ҫамрӑксем те, ҫулланнӑ ҫынсем те час-час ҫула тухаҫҫӗ. Чылайӑшӗ —ниҫе ҫула. Декабрь вӗҫӗнче Шупашкар ҫыннисен пӗр ушкӑнӗ Ҫӗмӗрле хулинче чупни ҫинчен ҫав районти «Малалла» хаҫатран хыпарларӗҫ. Спортсменсем хушшинче Чӑваш АССР халӑх писателӗ Николай Терентьев та пулнӑ. Пирӗн корреспондент унпа хӑйӗнпе тӗл пулнӑ, хӑшпӗр ыйтусем ҫине ответлеме ыйтнӑ.

Корр.: Николай Терентьевич, Эсир утмӑл урлӑ каҫнӑ ҫын, сенче вӑл та, ку та ҫук: машинӑсем сывлама памаҫҫӗ. Кунсӑр пуҫне, эпир тӗлпулусем йӗркелетпӗр — рабочисемпе, шкул ачисемпе, колхозниксемпе. Вӗсене физкультурӑпа спорт усси ҫинчен каласа кӑтартатпӑр. Ҫӗмӗрлене вара юлташӑм чӗннипе ҫитрӗмӗр. Автофургон заводӗнче Анатолий Котов рабочи ӗҫлет. Заводра хисеплӗ ҫын вӑл. Унпа эпир Шуршӑлпа яленчен пуҫласа Ҫӑлтӑр хулана ҫити темиҫе хут та чупнӑччӗ. Аллӑ тултарчӗ. Юбилярпа пӗрле чупма Шупашкартан СССР спорт мастерӗ Ю. Петров слесарь, Г. Трофимов, В. Горбунов инженер-техниксем тата ыттисем те кайрӑмӑр. Вӗсем те аллӑ урлӑ каҫнӑ ӗнтӗ. Ҫӗмӗрлесем хӑйсем йышлӑн тесе килӗшрӗмӗр.

Корр.: Хӗлле чупма ҫӑмӑл мар пулӗ? Тумтир хулӑм, пушмакӗсем йывӑр. Сивӗ.

Н. Т.: Маншӑн пулсан, хӗлле чупма ҫӑмӑлрах та. Сивӗ ҫанталӑкра сывлӑш тасарах, кислород ытларах, тумтирпушмака ҫӳхине тӑхӑнатпӑр.

Корр.: Васкамасӑр чупнин усси пысӑк, теҫҫӗ, чӑнах-и ҫака? Тата мӗнрен пуҫламалла?

Н. Т.: Васкамасӑр? Ҫирӗм ҫухрӑма иртнӗ шӑматкун пӗр сехет те 35 минутра тухрӑмӑр. Ку калаҫу вӑрӑма кайма пултарать. Тепӗр чух тӗплӗнрех каласа парӑп. Васкамасӑр чупнин усси, паллах, пур. Халӗ, ак грипп тапранать тесе пӗлтереҫ. Сивӗ сывлӑш сывласа сехет, сехет ҫурӑ чупакан ҫын грипп мӗнне пӗлмест. Ун пек

## Кӗскен темтепӗр

### Тӗлӗнтермӗш ҫӗршывра

ДЕЛИ. Индие тӗлӗнтермӗш ҫӗршыв теҫҫӗ. 850 миллион ҫынлӑ халӑх хушшинче чӑн та темӗн те пулать. Сӑмахран, Шридхар Чиллал хӑйӗн сулахай аллин пӳрнисен чӗрнисене метр тӑршшӗне яхӑн ҫитӗнтернӗ. Вӗсене вӑл ҫав тери упрать. Мата Джагдамбӑн ҫивӗчӗ 6 метр та 40 сантиметр тӑршшӗ.

Ҫак ҫынсене «Гиннесӑн рекордсен кӗнеки» евӗрлӗ кӗнекене кӗртнӗ. Джаярам индиец пӗррехинче пӗр чарӑнмасӑр 360 сехет хушши калаҫса тӗлӗнтернӗ. Керала штатӗнче пурӑнакан Велаудин наркӑмӑшлӑ вуншар ҫӗленпе пӗрле уйӑха яхӑн кӗленче камерӗра пурӑннӑ. Бангалор хулинчи Шакунтал Деви вара шутлав машини пекех хӑвӑрт шутлама пултарать.

### Упӑте ҫурисен «амӑшӗ»

БРАЗЗАВИЛЬ. Конго Республикин столицинче пурӑнакан 45 ҫулхи француженка Иветт Леруа браконьерсене пула тӑлӑха юлнӑ упӑте ҫурисен «амӑшӗ» пулса тӑнӑ. Сакӑр ҫул хушшинче вӑл горилла упӑтесен 40 яхӑн ҫурине пӑхса ҫитӗнтерме хӑтланнӑ.

Шел пулин те, ҫав ҫурасенчен 14-шне ҫеҫ сыхласа хӑварма май килнӗ. Куншӑн Ивет айӑплӑ мар. Этем ачисене пӗчӗк чухне ҫиме тата сывӑрма ҫеҫ кирлӗ пулсан, горилла ҫурисем — пачах урӑхла чӗрчунсем. Вӗсене ялан асӑрхаса тӑмалла, вӗсемпе ялан выляmalla. Пурӑнмалла е вилмелле — ҫак ыйтӑва горилла ҫури хӑй татса парать.

Икӗ ача амӑшӗ Ивет Браззавильре нефть компанийӗнче ӗҫлет. Хӑйӑн пӗтӗм пушӑ вӑхӑтне вӑл упӑтесене ҫӑлма парать. Хальхи вӑхӑтра Ивет виҫӗ ҫурана кӗленчерен ӗмӗртсе усрать.

Конгӑра вӑрмансенче миҫе горилла пурӑннине тӗппӗн пӗлмеҫҫӗ. Специалистсем шутланӑ тӑрӑх, этем евӗрлӗ ҫак упӑтесем Конгӑра ҫӗршер пинӗн пурӑннӑ. Халӗ вара темиҫе пин пуҫ ҫеҫ юлнӑ. Браконьерсем ҫуллен 400—600 горилла пурнӑҫне татаҫҫӗ.

### Шри-Ланкари халӑх йышӗ

КОЛОМБО. Шри-Ланкара халӑх йышӗ 17,3 миллион ҫынна ҫитнӗ. Ҫакӑн ҫинчен «Сан» хаҫат пӗлтерет. Иртнӗ ҫӗр ҫул хушшинче утрав ҫинче пурӑнакансен йышӗ тӑватӑ хута яхӑн ӳснӗ.

Ҫӗршывра сывлӑха сыхлас ӗҫ лайӑх аталанса пынӑ май ҫынсен вӑтам ӗмӗр тӑршшӗ те ӳснӗ. Хальхи вӑхӑтра Шри-Ланкара арҫынсем вӑтамран 66 ҫул, хӗрарӑмсем 71 ҫул пурӑнаҫҫӗ. Ҫӗршыври пӗтӗм ха[…]

# Çын ĕмĕтпе пурăнать

Елена ДМИТРИЕВА,
И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн студентки

АКА, тата тепĕр çул иртсе кайрĕ. Пĕтĕмлетӳ тума вăхăт. Студентсен пурнăçĕнче мĕн çĕнни пулчĕ-ха 1989 çулта? Паллах халиччен пĕлменнине ĕса хывăрăмăр, пулас профессин хăшпĕр вăрттăнлăхĕсене алла илтĕмĕр. Ку — лайăххи. Кулленхи çăпăххи те тăрăнать. Тен, çакăнпа кирлĕ те ытларах. Сăмахран, студентсене общежитире вырăн çитмест. Уйрăмах çемьеллисене йывăр. Иртнĕ çултанăк, шел те, вĕсене нимĕнпе те пулăшаймарĕ. Университетăн çĕнĕ корпусне тăвасси тимĕр шапа уттипе пырать, çултанăк хушшинче те сисĕнмелле улшăну пулаймарĕ. Пурте алă сулнă темĕн. Мĕн калассн, студент пурнăçĕ çине тимлĕ пăхни сисĕнсе каймасть-ха халлĕхе. Анчах та шанăçа çухатас мар тетпĕр. Иртнĕ çул, акă, студентсен Пĕтĕм Союзри форумĕ пулса иртрĕ. Форумра мĕн йышăнни сăмах кутăн çеç пулса ан юлтăрччĕ тетпĕр, ырă улшăнусем кĕтетпĕр.

Çын шанчăкпа, ĕмĕтпе пурăнать. Эпĕ те Çĕнĕ çулта университетăн çĕнĕ корпусĕсем иртнĕ çулхинчен пысăкрах хăвăртлăхпа ӳссе ларасса, пурăна-киле республикăн тĕп аслă вĕренӳ заведенийĕнче чăваш факультечĕ уçăласса, студентсен пурнăçĕнче ытти нумай-нумай ырă улшăну пуласса шанатăп.

...ăçтан килнĕ-ши? Унсăр пуçне тата Çĕнĕ çул уявĕ хăй хăçан пуçланса кайнă-ши? Юрлă Хĕл Мучи ăçтан килнĕ-ха тата?

Вĕсенчен пуçлар. Ахаль тĕн те, çитĕннисемшĕн те çак кун тĕп герой пулса тăнă Хĕл Мучирен. Тĕрлĕ çĕршывра тĕрлĕрен чĕнеççĕ ăна: Америкăра — Санта Клаус, Францире — Пер-Ноэль, Финляндире — Юлупук, Якутире — Чисхан... Анчах ĕçĕ кунта ятĕнче мар, вăл ăçта çуралнинче. Ача-пăчан чи юратнă паргеройĕ — ырă кăмăллă, парнесем тултарнă михĕпе килсе кĕрекен Хĕл Мучи вара юмахра çеç мар, чăн пурнăçра та пулнă. Çавна май вăл пирĕн пата юмахри Ачалăхран е Пăлан çĕршывĕнчен те мар, пачах урăх енчен, шăрăх вырăнтан — Вăтаçĕр тинĕс çыранĕ хĕрринчен килсе çитнине вара çитĕннисем те пурте пĕлмеççĕ пулĕ.

ТАХÇАН авал, Византи империйĕ вăйлă аталаннă тапхăрта, урăхла каласан, пирĕн эрăри иккĕмĕш ĕмĕрсенче, теп, кăшт каярах та пулĕ, Патаре...

Елка вараt ... шăршăллă, кăпăшка та чиперкке чăрăш мĕн авалтанпах хăйне уйрăм йывăç шутланă: ĕмĕрхи пурнăç, пархатарлăх, хăюлăх символĕ пулнă — мĕншĕн тесен, вăл шăрăхра çеç мар, шартлама сивĕре те ешерет вĕт! Чăрăша хисеплес йăла авалхи германецсен уйрăмах çирĕп пулнă. Çак йывăçра мĕнпур ӳсентăрана хӳтĕлекен, тискер чĕрчунсемпе вĕсен кайăксене сыхлакан асамлă вăй пур, тесе шутланă вĕсем. Çапăçăва тухса каяс умĕн воин-паттăрсем чăрăш тавра пухăннă, унăн ырă шăршине сывласа, хăйсен çĕнтерес шухăш-тĕллевне çирĕплетнĕ.

Ун хыççăн чăрăша хисеплес йăла голландецсемпе акăлчансем патне куçать. Раççейре Çĕнĕ çул чăрăшĕпе усă курасси Пĕрремĕш Петĕр патшаран пуçланса кайнă. Вăл ятарласа кăларнă указ тăрăх, 1700 çулхи январĕн 1-мĕшĕнче мĕнпур çуртсене чăрăш, хыр, уртăш тураттисемпе илемлетмелле тата пĕр-пĕрне са... чурăна ирĕклĕх парнелес, теççĕ. «Ку вăл этемлĕх пурăнма пуçланăранпа телей сунма чи кăсăк тĕслĕх!» — пĕлтернĕ тет савăннă Цезарь.

Çĕнĕ çула çĕр çинче чи малтан Фиджи утравĕсем çинче пурăнакансем кĕтсе илеççĕ. Ун хыççăн японисем саламлаççĕ Çĕнĕ çул хĕвелне.

ПИРЕН пата та килсе çитрĕ Çĕнĕ çул. Савăнăçлă, хаваслă пирĕн çуртсенче. Елка çинчи теттесем уяв çутине сапаласçĕ, йăлтăртатаççĕ. Бенгали вучĕ хĕмне сирпĕтет. Чăрăш шăрши кăмăла çемçетет. Çепĕç кĕвĕ çутă шухăш çуратать. Тостсем янраççĕ: савăнăçлисем те, йĕплĕрехисем те, çĕнĕ телейшĕн, аннесемпе ачасемшĕн, пирĕн савнисемшĕн, çитĕнӳсемпе ăнăçусемшĕн!

Телейлĕ ачалăхра эпир Çĕнĕ çул каçхине мĕн ĕмĕтленни пĕтĕмпех пурнăçланасса шаннă, кирек мĕнле пулсан та, тулассах пирĕн ĕмĕтсем, тесе ĕненнĕ. Халĕ те шанатпăр.

И. МУКИНА.

...çе. Чылайăшĕ —инçе çула. Декабрь вĕçĕнче Шупашкар çыннисен пĕр ушкăнĕ Çĕмĕрле хулинче чупни çинчен çав районти «Малалла» хаçатран хыпарларĕç. Спортсменсем хушшинче Чăваш АССР халăх писателĕ Николай Терентьев та пулнă. Пирĕн корреспондент унпа хăйĕнпе тĕл пулнă, хăшпĕр ыйтусем çине ответлеме ыйтнă.

Корр.: Николай Терентьевич, Эсир утмăл урлă каçнă çын, Шупашкар таврашĕнче чупнисене яланах куратпăр, анчах Çĕмĕрлене мĕнле сăлтавпа лекнĕ-ха Эсир?

Н. Т.: Инçе чупма юратакансем Шупашкар урамĕсене «вырнаçаймаççĕ», те çавăнпа, те урăхларах сăлтавсене пула, эпир республикăри ытти хуласемпе районсене те каятпăр: марафонецсем, акă, Канашра, Çĕрпӳре, Ишлейре, Муркашра пулнăччĕ.

Корр.: «Урăхларах» тени мĕн тени?

Н. Т. Таса сывлăш, ирĕклĕрех çул шыратпăр. Пирĕн хула... чĕлпипе çитрĕмĕр. Автофургон заводĕнче Анатолий Котов рабочи ĕçлет. Заводра хисеплĕ çын вăл. Унпа эпир Шуршăлленчен пуçласа Çăлтăр хулана çити темиçе хут та чупнăччĕ. Аллă тултарчĕ. Юбилярпа пĕрле чупма Шупашкартан СССР спорт мастерĕ Ю. Петров слесарь, Г. Трофимов, В. Горбунов инженер-техниксем тата ыттисем те кайрăмăр. Вĕсем те аллă урлă каçнă ĕнтĕ. Çĕмĕрлесем хăйсем йышлăн хутшăнчĕç: А. Котов хăйĕн тăван хулинче чупма юратакансен «Пчелка» клубне уçнă.

Юбиляра Чăваш АССР Госкомспорчĕн Мухтав грамотине парчĕç. Андрей Григорьевич Николаев космонавт хăйĕн çĕнĕ кĕнекине алă пусса парнеленĕ ăна.

Çĕмĕрле хулинче лапка-лапка юр çурĕ. Çирĕм сухрăм чупса шур упасем пекех шапшурă пултăмăр. Кăçалхи юлашки ăнтăлу. Кивĕ çула ăсатрăмăр çапла. Çĕнĕ çула Шупашкар урамĕсенче кĕтсе илетпĕр, ...нисород ытларах, тумтирпушмака çӳхине тăхăнатпăр.

Корр.: Васкамасăр чупнин усси пысăк, теççĕ, чăнах-и çакă? Тата мĕнрен пуçламалла?

Н. Т.: Васкамасăр? Çирĕм сухрăма иртнĕ шăматкун пĕр сехет те 35 минутра тухрăмăр. Ку калаçу вăрăма кайма пултарать. Тепĕр чух тĕплĕнрех калаçа парăп. Васкамасăр чупнин усси, паллах, пур. Халĕ, ак грипп тапранать тесе пĕлтерчĕç. Сивĕ сывлăш сывласа сехет, сехет çурă чупакан çын грипп мĕнне пĕлмест. Ун пек çынран грипп микробĕсем хăраççĕ. Ытти чир-чĕр те инçе чупма пултаракан çынран пикленет. Шухăшламалăх пур Çĕнĕ çул умĕн.

Корр.: Николай Терентьевич, литературăри ĕçсем мĕнле пыраççĕ?

Н. Т: Сирĕн хаçат манăн «Кам айăплă?» ятлă çĕнĕ пьеса сыпăкĕсене пичетлесе пычĕ. Унта эпĕ паян пурне те пăлхантаракан çивĕч ыйтусене хускатма тăрăшрăм.

Корреспондент вырăнне — Хĕл Мучи.

## ...халăх йышĕ

КОЛОМБО. Шри-Ланкăра халăх йышĕ 17,3 миллион çынна çитнĕ. Çакăн çинчен «Сан» хаçат пĕлтерет. Иртнĕ çĕр çул хушшинче утрав çинче пурăнакансен йышĕ тăватă хута яхăн ӳснĕ.

Çĕршывра сывлăха сыхлас ĕç лайăх аталанса пынă май çынсен вăтам ĕмĕрĕ тăршшĕ те ӳснĕ. Хальхи вăхăтра Шри-Ланкăра арçынсем вăтамран 66 çул, хĕрарăмсем 71 çул пурăнаççĕ. Çĕршыври пĕтĕм халăхăн 40 проценчĕ яхăн — 20 çула çитмен çамрăксем, тăватă проценчĕ — 64 çултан аслисем.

## Сахăр хăмăшĕнчен— хаклă эмел

ГАВАНА. Чĕре чирĕнчен тата атеросклерозран мĕнле эмелпе сипленмелле? Кубăри медиксем çывăх вăхăтрах çав эмеле туса кăларасшăн.

Республикăра сахăр хăмăшĕпе çав тери анлăн усă кураççĕ. Çĕршыв ытти государствăсене сахăр питĕ нумай сутать, сахăр туса кăларнă хыççăн юлакан каяшпа строительствăра тата топливо вырăнне усă кураççĕ. Сахăр хăмăшĕн сĕткенĕ ĕçме питĕ аван. Медиксем сахăр хăмăшĕнчен юнри холестерина чакаракан препарат туса кăлармалли меслет тупнă. Ку ыйтупа халĕ нацин наука тĕпчевĕсен центрĕнчи специалистсем ĕçлеççĕ.

(ТАСС).

# Художник шӳтлет

1987 1986 1988 1989 1989 СĔНЕТӲ

— Пирĕн çулсем тумхахлăрах пулчĕç, эсĕ ăнăçлăрах ĕçле ĕнтĕ...

Çĕнĕ çул ячĕпе!

— П
— Пурне те çиттĕр, терĕмĕр-çке...

АН ЯТЛАР ЕНТЕ, ТАВАНСЕМ, ЭРЕХНЕ ПИТĔ ВИСЕЛЛЕ ПАРАÇÇĔ-ÇКЕ...

Кĕреке «юрри».

Я89

Г. Яковлев ӳкерчĕкĕсем.

## РЕДАКЦИН ОБЩЕСТВĂЛЛА ПРИЕМНĂЙĔНЧЕ

Çак эрнере — январĕн 2-мĕшĕнче ытларикун, редакцин обществăлла приемнăйĕнче граждансене Чăваш республикинчи пенсипе пособи тӳлес енĕпе ĕçлекен центр начальникĕн заместителĕ Геннадий Егорович КУЗЬМИН йышăнать.

Приемнăй Пичет çуртĕнче вырнаçнă, 10 сехетрен пуçласа 13 сехетчен ĕçлет.

Унăн адресĕ: 428019, г. Чебоксары, проспект Ивана Яковлева, 13, Дом печати, 1 этаж, комната 112. Приемнăй телефонĕ — 21-22-94.

*«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн çитес номерĕ январĕн 3-мĕшĕнче тухать.*

Редактор заместителĕ
Л. А. АЛЕКСЕЕВ.

## ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем çапла пĕлтерчĕç: паян кăнтăрла пирĕн республикăра пĕлĕтлĕ çанталăк пулать, кăштах юр çăвать, çил-тăман вĕçтерет. Çил кăнтăр хĕвеланăç енчен çеккунтра 8—13 метр хăвăртлăхпа вĕрет, кассăн-кассăн вăйланать. Сывлăш температури республикăра 0—5 градус, Шупашкарта 0—2 градус сивĕ пулать.

Кун тăршшĕ — 7 сехет те 05 минут.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

ТУНТИКУН, ЯНВАРЕН 1-МĔШĔ
ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА

9.00 — Концерт.
9.45 — Документлă фильмсем.
10.10 — Пурте цирк юратаççĕ.
10.55 — Мультфильм.
11.10 — Куба телевиденийĕн программи.
12.10 — Хоккей. «Торонто Мейпл Лифз» (Канада) — «Динамо» (Мускав). Канадăран.
14.10 — «Песня-89» фестивалĕн юлашки концерчĕ.
15.55 — Мультфильм (США)
16.25 — «Песня-89» фестивалĕн юлашки концерчĕн малалли пайĕ.
18.25 — «Зима в Простоквашино». Мультфильм.
18.40 — «Визит дамы». Илемлĕ телефильм. 1 тата 2 серисем.
21.00 — Вăхăт.
21.30 — КВН-89. Харьковри аслă çар инженерĕсен училищи, Уралти тата Донецкри политехника институчĕсем.

ИККĔМĔШ ПРОГРАММА

9.00 — Ирхи гимнастика.
9.15 — Мультфильм. (США).
10.00 — «Музыкальный подарок» (Польша телевиденийĕ).
10.30 — Документлă телефильм.
11.00 — «И пока на земле существует любовь». Фильм-концерт.
11.30 — Фильм — ачасене. «Кувырок через голову».
12.40 — «Поет Андрей Миронов». Киноконцерт.
13.35 — «Синяя птица». Государство ача-пăча музыка театрĕн спектаклĕ.
14.55 — «Встреча с «магией». Телеочерк.
15.25 — Киносерпантин. 1-мĕш дубль.
17.25 — Мультфильм.
17.35 — Киносерпантин. 2-мĕш дубль.
18.35 — «Незавершенные шедевры». Музыкăллă телефильм.
20.00 — Ырă кăç пултăр, ачасем!
20.15 — Реклама.
20.20 — Документлă телефильм.
21.00 — Вăхăт (сурдокуçарупа).
21.30 — Киносерпантин. 3-мĕш дубль. «Фигуристка». Илемлĕ фильм. (Канада).

## РАДИО

ТУНТИКУН, ЯНВАРЕН 1-МĔШĔ

7.15 — Республика хаçачĕсене пăхса тухни. 7.25 — «Эх, юррăм, янăра». Концерт. 7.55 — Пĕлтерӳсем. 16.30 — 17.40 — «Лайăх кăмăл». Концерт (стерео). 18.00 — «Пĕчĕк акăшсен ташши». Инсценировка. 18.32 — 19.00 — Хăй тĕллĕн вĕреннĕ композиторсен юрри-кĕвви.

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 3-мĕшĕнче «Нарспи» драма, январĕн 4-мĕшĕнче «Каçар мана» (премьера).

РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ — 67-мĕш сезон уçăлать — январĕн 2—3-мĕшĕнче «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» халăх драми январĕн 4, 7-мĕшĕсенче «Камерный театр Лаврентия Берии» шарж.

Спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Полет навигатора» — 11.00, 13.00, 15.00, 17.15, 19.10, 21.00; ыран «Полет навигатора» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.15, 19.10, 21.00. Кĕрен зал: «Метичара — зверь морской» — 10.50; «Любовный недуг» — 12.40, 15.10, 17.40, 20.20; ыран «Морозко» — 9.00, 10.50; «Птицам крылья не в тягость» — 12.40, 14.30, 16.30, 18.30, 21.00. Кинозал: ыран «Бесстрашный атаман» — 14.00, 15.45; «И вся любовь» — 18.00, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — мультфильмсем — 9.00; «К сокровищам авиакатастрофы» — 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 20.45; ыран мультфильмсем — 9.00; «Полет навигатора» — 10.30, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 20.45.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Две стрелы» — 12.00, 14.00, 16.00, 18.00, 20.00; ыран «Приключения Квентина Дорварда, стрелка королевской гвардии» — 10.00, 12.00, 14.00, 16.00, 18.00, 20.00. Вăтам зал: «Бал сказок» — 11.30, 13.00; «До первой крови» — 14.30; «Приговоренный» — 16.30, 18.30, 20.30; ыран «Бал сказок» — 9.00, 11.00; «До первой крови» — 13.30; «За прекрасных дам» — 15.30, 17.00, 19.00, 20.30. Пĕчĕк зал: «Густав и другие» — 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 21.00; ыран «Фанни и Александр» — 10.30, 14.30, 18.30.

«МИР» — «След сокола» — 12.00, 14.00; «Кот в сапогах» — 9.00, 10.30; «Приключения Квентина Дорварда, стрелка королевской гвардии» — 16.30; «Наваждение» — 18.30, 20.30; ыран «Дикие лебеди» — 9.00, 10.40; «Зорро» — 12.30, 15.00; «Наваждение» — 17.30, 19.00, 20.30.

ПИРĔН АДРЕС:
428019, г. ЧЕБОКСАРЫ,
пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13.
ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретариат — 25-13-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерӳсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне куллен тухать.

ИТ 30430. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № ...